ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 16 эрнекун № 202 (9111)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Вырăнти Советсен хальхи задачисем

Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин политикине пурнăçа кĕртес ĕçре вырăнти Советсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсен ĕççыннисен массисене коммунизм строительствинчи задачăсене пурнăçлама хутшăнтараççĕ.

Вырăнти Советсен задачисем коммунизм строительствин программинчен — партин XIX-мĕш съезчĕ, партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви йышăннă решенисенчен тухса тăраççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви, халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшса, ялхуçалăхне вăйлатса пырассине хальхи вăхăтри тĕп задача тесе шутлаççĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановленире çапла каланă: «Халăх хуçалăхĕнче ертсе пыракан вăй пулса тăракан социализмла индустрие хăватлăн аталантарса пынă никĕс çинче хамăр çĕршывра ялхуçалăх продукчĕсем нумайран та нумай пулмалла тăвас задачăна ĕçре татса парасси коммунизм строительстви программин чи кирлĕ пайĕ пулса тăрать. Хальхи условисенче çак задача пирĕн умма пĕтĕм халăхăн чи кирлĕ задачи пулса тухса тăчĕ». Ситес 2—3 çул хушшинче хамăр çĕршыври халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме апат-çимĕç продукчĕсем сителĕклĕ туса хатĕрлемелле тăвас пулать. Çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне чĕртавар çителĕклĕ парса тăмалла.

СССР Министрĕсен Совечĕпе Центральнăй Комитечĕ нумай пулмасть йышăннă постановленисенче ялхуçалăхĕн кашни отраслĕне мĕнле аталантармаллине тĕплĕн кăтартса панă. Ялхуçалăхне малалла аталантарас задачăна пурнăçлама вырăнти Советсем те куллен-кун тимлĕн ĕçлесе пыни кирлĕ. Вĕсен колхозсемпе машина-тракторт станцийĕсене конкретлă, оперативлă, пĕлсе ертсе пымалла. Ялхуçалăхне пĕлсе ертсе пыма колхозсен экономикине, çĕр ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе мĕнле туса пынине лайăх тĕпчесе вĕренмелле. Кашни колхозăн тата машина-трактор станцийĕн ĕçе лайăхлатма, плансене ирттерсе тултарма мĕнле резервсемпе майсем пуррине палăртмалла, çав резервсемпе туллин усă курассине организацилемелле.

Район Совечĕсен исполкомĕсемпе ял Совет руководителĕсен колхозсенче ĕçсем мĕнле пынине тĕплĕн пĕлсе, кая юлнă колхозсене çĕклеме, малта пыракан колхозсен шайне çитме пулăшас пулать.

Вырăнти Советсем тĕрĕс ертсе пынипе колхозсем вăйланса пыни çинчен калакан тĕслĕхсене нумай илсе кăтартма пулать.

Сăмахран, Елчĕк районĕнчи Крупская ячĕпе тăракан колхоз чылай вăхăт хушши кайра пынă. Кăçал вара çак колхоз ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлă вĕçлет. Общественнăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе те лайăхлатнă. Çакна мĕнле майпа тума пултарнă-ха? Райисполкомпа унăн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ колхозăн общественнăлла хуçалăхне ӳстерме мĕн кирлине пĕлсе, кирлĕ пек пулăшу панă. Райисполком пулăшнипе колхоз грузсем турттармалли машина туяннă, витесем лартма государствăран 29 пин тенкĕ кивçен илнĕ. Халĕ çак колхоз—районта малта пыракан колхозсенчен пĕри. Районти «Правда», «Смычка» колхозсене те организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен чылай тĕреклетнĕ. Анчах Елчĕк районĕнче, республикăри ытти районсенчи пекех, ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçре пысăк ситменлĕхсем пур-ха. Колхозсем техникăлла культурăсем, çĕрулми, пахча çимĕç сахал акса-лартса тăваççĕ, уй-хире тислĕк тата минераллă удобренисем кăлармалли плансене тултарса пымаççĕ, агротехникăлла ĕçсене начар пурнăçлаççĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕк.

Чăн та, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра çулсеренех пысăк тухăçлă тырпул туса илеççĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăх йĕркеленĕ, ĕнесен сĕт тухăçлăхне ӳстернĕ, сыснасен тухăçлăхĕ те пысăк. Çак колхозăн опытне те тата районти малта пыракан Ленин ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсен опытне ытти колхозсене те сарсан, район ялхуçалăхне вăйлатас ĕçре тата пысăкрах çитĕнӳсем тунă пулĕччĕ. Малта пыракан колхозсен опытне пур колхозсене те сарас тĕлĕшпе вырăнти Советсен куллен-кун тăрăшса ĕçлесе пымалла.

Хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсене вăхăтра тата ăнăçлăн пурнăçлас тесе вырăнти Советсен пĕрмаях хытă тăрăшмалла. Анчах хальхи вăхăтра райисполкомсемпе ял Совечĕсем чылайăшĕ хуçалăхпа культура ĕçĕсене сителĕксĕр ертсе пыраççĕ-ха. Сăмахран, Куславкка райисполкомĕ промышленность предприятийĕсене те, колхозсене те сителĕксĕр ертсе пырать. Кăçал вырăнти промышленность предприятисемпе артельсем производство планне продукци ассортименчĕ енĕпе тултараймаи. Райисполком колхозсене конкретлă ертсе пыманнине пула иртнĕ çулсенче малта пынă «Динамо» колхозра та ĕçсем япăхнă, вăл ытти колхозсенчен кая юлнă. Райисполком ял Совечĕсене уполномоченнăйсем янипе ертсе пыма пăхать. Анчах хăшпĕр чухне уполномоченнăйсем туса ялхуçалăхне пĕлмен çынсене ярать. Райисполком машина-трактор станцине пачах сителĕксĕр ертсе пырать. Районта суйлавçăсем панă наказсене пурнăçлас ĕçе организацилемен. Райисполком ĕçĕнчи пысăк ситменлĕх решенисем нумай йышăнни, анчах вĕсем мĕнле пурнăçланнине начар тĕрĕслесе тăни пулать.

Кун пек ситменлĕхсем чылай райисполкомсен, вăл шутра Çĕмĕрле райисполкомĕн ĕçĕнче те пур. Вăл ял Совочĕсемпе колхозсен, предприятисен, учрежденисен ĕçĕсене сайра хутра çеç тĕрĕслет.

Партипе правительство решенийĕсем çинчен массăсене ăнлантарса парас ĕçе лайăхлатнипе пĕрлех, вырăнти Советсен организациллĕ ĕçе, аслăрах органсем панă кăтартусене тата хăйсем йышăннă решенисене пурнăçланине тĕрĕслесе тăрас ĕçе вăйлатас пулать. Ку енĕпе райисполком пайĕсемпе учрежденисен, ял Совечĕсен руководителĕсен ответлăхне ӳстермелле. Организациллĕ ĕçре актив çине, общественнăлла организацисем çине, ĕççыннисен йышлă массисем çине таянмалла. Çапла ĕçленипе çеç вырăнти Советсем умра тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пыма пултарĕç.

Вырăнти Советсен сессийĕсенче тата исполкомсен ларăвĕсенче партипе правительствăн решенийĕсенчен тухса тăракан тĕп ыйтусене—колхозсене хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес, кая юлнă колхозсене малта пыракансемпе танлашма пулăшас, ялхуçалăхĕн кая юлнă отраслĕсене çĕклес, халăха куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас, кадрсем хатĕрлес тата ытти çивĕч ыйтусене сӳтсе явмалла, конкретлă решенисем йышăнмалла, ĕçшĕн кам ответлă пулнине палăртмалла. Кашни работник хăйне тивĕçлĕ ĕçшĕн ответлă пултăр.

Ялхуçалăхне вăйлатас ĕçре машина-трактор станцийĕсен пĕлтерĕшĕ пысăк. Çавăнпа райисполкомсен МТС-сенче çирĕп йĕркелĕх тума тăрăшмалла. МТС-сем колхозсенчи ĕçсене мĕнле тунине, нумай вăй хумалли ĕçсене механизацилеме колхозсене мĕнле пулăшнине, тракторсемпе машинăсене юсас ĕç мĕнле пынине тăтăшах тĕрĕслесе тăмалла.

Вырăнти Советсен промышленность предприятийĕсенче, промысла артелĕсенче производство планĕсене тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, колхозсенче ялхуçалăх сулне ăнăçлăн вĕçлессишĕн, общественнăлла выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма лайăх хатĕрленессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлессине анлă сарма пулăшмалла.

Ялхуçалăхне малалла вăйлатмалли программăна пурнăçлас, халăха куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас ĕçе организацилесси—вырăнти Советсен тивĕçĕ.

Умра тăракан пысăк задачăсене пурнăçлама вырăнти Советсен ĕçне тăтăшах лайăхлатса пымалла.

★

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### Д. З. МАНУИЛЬСКИЙ ЮЛТАША ЛЕНИН ОРДЕНĔПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Д. З. Мануильский юлташ çуралнăранпа 70 çул тултарнă май тата вăл Коммунистсен партийĕпе Совет государстви умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунине палăртса, Дмитрий Захарович Мануильский юлташа Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи октябрĕн 14-мĕшĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### Е. Д. СТАСОВА ЮЛТАША ЛЕНИН ОРДЕНĔПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Е. Д. Стасова юлташ çуралнăранпа 80 çул тултарнă май тата вăл Коммунистсен партийĕпе Совет государстви умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунине палăртса, Елена Дмитриевна Стасова юлташа Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи октябрĕн 14-мĕшĕ.




## Туслăх касĕ

СССР территорийĕнче Польша патриочĕсем туса хунă Тадеуш Костюшко ячĕпе тăракан пĕрремĕш дивизи Ленино патĕнче гитлерла захватчиксене хирĕç малтанхи хут çапăçăва хутшăннăранпа 10 çул çитрĕ. Çав çапăçăва Польша воинĕсем совет салтакĕсемпе тата офицерĕсемпе сумма-суммăн тăрса çапăçса Польша халăхĕпе совет халăхĕ хушшинчи тăванла туслăха ĕмĕрлĕхе çирĕплетрĕç.

Çак куна палăртса ССР Союзĕнчи Славянсен комитечĕ Мускавра Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх касне ирттернĕ.

Унта Совет Çарĕн представителĕсем, столицăри наука, культура тата искусство деятелĕсем, Мускаври аслă шкулсенче вĕренекен Польша студенчĕсем пухăннă. Вечерта ССР Союзĕнчи Славянсен комитечĕн председателĕ А. С. Гундоров сăмах каланă.

Пухура çавăн пекех Польша Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ В. Левиковский тухса каланă. Ăна пурте ăшшăн кĕтсе илнĕ. (ТАСС).

## Çĕнĕ санаторисемпе кану çурчĕсем

Хальхи вăхăтра ВЦСПС-па профсоюзсен центральнăй комитечĕсен аллинче 1.300 яхăн кану çурчĕсем, санаторисем, профилакторисем шутланаççĕ.

Кăçал Сочире «Мацестинская долина», Калуга облаçĕнче «Павлищев бор» текен çĕнĕ санаторисем ĕçлеме пуçланă, Сталинград облаçĕнче ВЦСПС санаторийĕ уçăлнă. Çак санаторисенче кашниччех пĕр вăхăтра 200-шер çын канма пултарать.

Хальхи вăхăтра Крымра Ливади курорчĕнче пысăк ĕçсем пыраççĕ. Сентябрь уйăхĕн варринче ВЦСПС-ăн Крымăн кăнтăр сыранĕнчи чи пысăк санаторийĕ канакансен пĕрремĕш ушкăнне йышăннă. Ку санаторире 400 вырăн. Ăна «Ливадия» двоецĕ пулнă çуртра уçнă. Кăçал Ливадире 400 вырăнлăх чĕре чирĕсенчен сыватакан санатори, 1954 çулта—150 вырăнлăх неврологи санаторийĕ уçăлать.

Кăçал шахтерсем валли Кемерово, Ростов, Челябинск облаçĕсенче çĕнĕ кану çурчĕсем уçнă. Металлургсем, чугун çул работникĕсем, машиностроительсем валли кану çурчĕсем туса лартнă.

Кунсăр пуçне пионер лагерĕсем пулнă çуртсенче кĕркуннехи вăхăтра ĕçлесе тăма 20 ытла кану çурчĕсем уçаççĕ.

Профсоюзсен кану çурчĕсемпе санаторийĕсенче кăçалхи çул ку вăхăт тĕлне 2.285.000 çын каннă. Çулталăк вĕçленичченех тата çĕршер пин ĕççынни канать. (ТАСС).



Пирĕн çĕршывра халăх тавар илесси пĕрмаях ӳссе пырать, магазинсен шучĕ те çултан-çул ӳсет. 1952 çулта хуласемпе ялсенче сакăр пине яхăн çĕнĕ магазин уçнă. 1953 çулта суту-илӳ предприятийĕсен шучĕ татах нумай хушăнать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Закарпатски облаçри Тячев ялĕнче уçнă универмаг (Украина ССР-ĕ).

(ТАСС фотохроники).

## Атăл çинчи стройка валли

ЛЕНИНГРАД, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «Электроаппарат» завод Куйбышевпа Мускав хушшинче тăвакан электропередача линийĕ валли пысăк вольтлă виççĕмĕш разъединитель ярса панă. Çак аппарат 400.000 вольта чăтать. Конструкцисен цехĕ хăватлă выключатель тума хатĕрленет.

С. М. Киров ячĕпе тăракан «Электросила» заводра ĕçлекен рабочисем Куйбышеври гидростанци валли пĕрремĕш гидрогенератора срокчен туса хатĕрлессишĕн ăмăртаççĕ. Енер графикпа палăртнинчен пĕр талăк маларах генераторăн электромагничĕсем валли детальсем туса пĕтерне. Статорсем валли тимĕр пайсене штамповка тăвасси те ăнăçлă пырать.

## Трактор тăвакансен митингĕ

МИНСК, октябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Минскри трактор заводĕнче «Беларусь» текен çĕнĕ тракторсем туса кăларма тытăннă ятпа митинг пулса иртнĕ.

Митинга заводри парти комитечĕн секретарĕ Никаноров юлташ уçнă. Трибуна çине чи лайăх слесарь Маркович юлташ хăпарать. Вăл çапла калать:

— Паян пирĕншĕн савăнăçлă кун. Пĕрремĕш «Беларусь» трактор туса кăларнă. Çĕнĕ машина—эпир колхоз хресченĕсене паракан парне. Завод коллективĕ умĕнче çакăн пек задача тăрать: çĕршыва тракторсем ытларах туса памалла. Пирĕн, рабочисен, инженерсемпе, техниксемпе, конструкторсемпе пĕрле, çак хисеплĕ заданине чыслă пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлемелле.

Митингра çавăн пекех завод комитечĕн председателĕ Бессмертный юлташ, тракторсем пухакан иккĕмĕш цех начальникĕ Саенко, партин Сталински райкомĕн секретарĕ Турнов, завод директорĕ Тарасов тухса каланă.

Завод коллективĕ 1953 çулта «Беларусь» трактор туса кăлармалли плана срокчен тултарма йышăннă.

### Магнитка горнякĕсен çитĕнĕвĕ

МАГНИТОГОРСК, октябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Магнитка горнякĕсем Октябрь уявĕ умĕнхи обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçлаççĕ. Паян вĕсем тимĕр тăпри кăлармалли 10 уйăх планне срокчен тултарнă.

## Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уйăхлăхĕ пуçланнă май

ХАБАРОВСК, октябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Крайри ĕççыннисем Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уйăхлăхĕпе питĕ интересленеççĕ.

Амур çинчи Комсомольск хулинчи библиотека залĕнче Болгари писателĕсен Христо Ботевăн, Иван Вазовăн тата ыттисен произведенийĕсене, çавăн пекех совет писателĕсем Болгарири ĕççыннисен пурнăçĕ çинчен каласа паракан кĕнекисене пухса выставка организациленĕ.

Крайри культурăпа сутĕç учрежденийĕсенче фотовитринăсем тунă, Болгари Халăх Республики чечекленсе пыни çинчен, Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх çинчен лекцисемпе каласусем ирттереççĕ. Хуласемпе ялсенче Болгари кинофильмĕсене: «Утро над родиной», «Тревога», «Побег из неволи» тата ыттисене кăтартаççĕ.

ОРЕХОВО-ЗУЕВО, октябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Хулари «Художественный» театрта Болгарире ӳкернĕ «Побег из неволи» кинофильмне кăтартнипе Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх ячĕпе ирттерекен кинофестиваль пуçланнă.

Фестиваль пынă вăхăтра хула çыннисене «Тревога», «Утро над родиной», «Под игом» фильмсем кăтартаççĕ.

Кинотеатр çуртĕнче Болгари çĕнĕ пурнăç строительствинче тунă çитĕнӳсене кăтартакан выставка организациленĕ.

Болгари кинофильмĕсене çавăн пекех ялсенчи клубсенче те кăтартаççĕ.

## Миллионер-колхозсем

ПЕТРОПАВЛОВСК-КАМЧАТСКИЙ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Камчаткăри пулă тытакан артельсем государствăна планран ирттерсе вуншар пин пăт кета тата горбуша пулă тытса панă. Колхозсем государствăна пулă тытса панăшăн 30 миллион тенкĕ ытла укçа илнĕ.

Партин XVIII-мĕш съезчĕ ячĕпе тăракан колхозри пулăçсем лосось тытас тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçленĕ. Вĕсем, пулă тытмалли çĕнĕ хатĕрсемпе ĕçлесе, çулталăк планĕнчен ирттерсе 90.000 пăт ытла пулă тытнă. Колхоз пулă тытса сутнипе 2 миллион ытла тупăш илнĕ.

«Красный труженик», Ленин ячĕпе тăракан, «Турвинэ», «Ударник», «Пионер запада», Калинин ячĕпе тăракан тата ытти колхозсем те миллионшар тенкĕ тупăш илнĕ. Хальхи вăхăтра Камчаткăри кашни виççĕ колхозран пĕри миллионер-колхоз пулса тăрать.

## Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

# Т Ă В А Й

Тăвай ялĕ 1935 çултанпа — район центрĕ. Ун витĕр юхса выртакан Эль тата Нăрваш шывĕсем район центрне виççĕ пая уйăраççĕ. Темиçе çул каярах Нăрваш шывĕн кăнтăр хĕвеланăç енче нимĕнле çурт-йĕр те пулман. Кунта кĕтӳ çеç кĕтнĕ. Район центрĕ тунă хыççăн çак вырăнта нумай çуртсем ӳссе ларчĕç. Халĕ кунта машина-трактор станцийĕ, райтоп, райпотребсоюз, хатĕрлев организацийĕсен кантурĕсем, зооветучасток, ачасен сачĕ, швейпромартель, районти промкомбинат, районти больница, санитарипе эпидеми станцийĕ, тĕрлĕ учрежденисенче ĕçлекенсем пурăнакан çуртсем тата ыттисем те вырнаçнă.

Район центрĕн варринче КПСС райкомĕн икĕ хутлă çĕнĕ çурчĕ илемлĕн курăнса ларать. Çурт умĕнче парк. Сывăхрах государство банкĕн уйрăмĕ, перекет касси, почтăпа телеграф, аптека, кĕнеке магазинĕ, фотографисемпе парикмахерскисем. Юнашарах промышленность таварĕсем сутмалли тата апат-çимĕç магазинĕсем, райпотребсоюзăн пекарни. Шоссе çулĕн тепĕр енче районти культура çурчĕ, чайнăй, хуçалăхра кирлĕ таварсем сутмалли магазин, районти хаçат редакцийĕ, типографи тата ытти тĕрлĕ учрежденисен çурчĕсем йĕркерен ларса тухнă. Район центрĕн виççĕмĕш пайĕнче, Эль шывĕн чăнкă сыранĕ çинче, вăтам шкул çурчĕсем. Икĕ хутлă шкул çурчĕ инçетренех курăнса ларать. Кунта çулсерен çĕршер ача вĕренет. Шкултан инçе мар райсовет исполкомĕн, унăн уйрăмĕсен çурчĕсем, служащисем пурăнакан çуртсем.

Эль тата Нăрваш шывĕсем пĕрлешнĕ сĕрте район центрĕнчи Горкин ячĕпе тăракан колхозăн шыв арманĕпе çăм тапакан машини ĕçлет.

Юлашки çулсенче кунта районти больница, чайнăй, темиçе магазин, типографи тата машина-трактор станцийĕ валли электростанци туса лартнă.

Революциччен хальхи Тăвай районĕн территорийне кĕрекен ялсенче пурĕ те пĕр фельдшер пункчĕ кăна пулнă. Халĕ вара районта тата участоксенче виççĕ больница ĕçлет.

Юлашки çулсенче халăха вĕрентес ĕç те лайăхланчĕ. Кунти вăтам шкултан кашни çул вуншар çамрăк вĕренсе тухать. Вĕсем Тăван çĕршыври аслă шкулсене вĕренме каяççĕ, хăйсем юратнă специальноçсем туянаççĕ.

Нумаях пулмасть, пирĕн район центрне кĕркунне е çуркунне пыракансем урам хушшинче иртсе çӳреме çук пысăк пулнинчен тĕлĕнетчĕç. Сурхи шыв вăхăтĕнче Тăвай ялĕнe район центрĕнчи учрежденисем вырнаçнă вырăн хушшинче çул пĕтетчĕ. Халĕ вара пачах урăхла. Урам хушшинче чул сарса шоссе çулĕ тунă, унăн сарлакăшĕ 1,5—2 метр. Çул тăршшĕ икĕ километр ытла. Район центрĕпе Канаш хушшинче чул сарса шоссе çулĕ тунă. Çавăн пекех Тăвайпа Энĕшпус, Вăрмар станцийĕсем хушшинчи мăн çулсене те юсаççĕ. Комсомольскипе, Подбересьене каякан трактсене йĕркелеççĕ. Пĕлтĕр кунта виççĕ мăн кĕпер туса пĕтернĕ.

Район центрĕнчи машина-трактор станцийĕ çултан-çул çĕнĕ техникăпа пуянланса пырать. Халĕ унта 79 трактор, 36 комбайн, хăватлă молотилкăсем тата ытти тĕрлĕ ялхуçалăх машинисем вуннарăн шутланаççĕ.

Çак кунсенче районти мĕнпур ĕççыннисем пысăк савăнăçпа пурăнаççĕ. Вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ Н. С. Хрущев юлташ докладĕ тăрăх ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановленине çав тери пысăк хавасланăхпа кĕтсе илчĕç. Колхозсенче, МТС-ра, учрежденисемпе предприятисенче пухусем пулса иртеççĕ, агитаторсем каласусем ирттереççĕ.

Партипе правительство ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшнипе хавасланса, кашни ĕççынни хăй вырăнĕнче ырми-канми ĕçлеме, парти лартнă задачăсене пурнăçлассишĕн вĕрешне сăмах парать.

**М. ПАВЛОВ,**
Райсовет исполкомĕн председателĕ.





УКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: КПСС райкомĕн çурчĕ (сулахайра). МТС электростанцийĕ (сылтăмра).

Н. СЕМЕНОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Выльӑх-чӗрлӗхе тутӑ тата ӑшӑ витесенче хӗл каçарар!

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет правительстви колхозсемпе совхозсенче йышлӑ та пысӑк тухӑçлӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетме, çавӑн чухне колхозниксен, рабочисемпе служащисен килӗсенче ӗнесемпе ытти выльӑхсем усрама лайӑх условисем туса пачӗç. Халӑха аш-какай, сӗт-çу нумай пултӑр, халӑх валли куллен кирлӗ япаласем тӑвакан промышленноçӑн чӗртавар çителӗклӗ пултӑр,—çакӑншӑн тӑрӑшаççӗ пирӗн партипе правительство.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗçе малалла аталантарса пыма пур йышши выльӑхсене те тӗрӗс-тӗкӗл хӗл каçарни кирлӗ. Вӗсене лайӑх хӗл каçарма апат тата сурт-çурт çителӗклӗ хатӗрлемелле.

Выльӑх апачӗ хатӗрлес тӗлӗшпе нумай колхозсем кӑçал лайӑхрах ӗçлеççӗ. Анчах чылай колхозсенче ку тӗлӗшпе пысӑк çитменлӗхсем пур-ха. Пирӗн корреспондентсем, сӑмахран, Октябрьски районӗнчи хӑшпӗр колхозсенче выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каçарма япӑх хатӗрленни çинчен çырса пӗлтереççӗ. Çав çитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтермелле. [illegible] уйра тата çарансем çинче ӳснӗ [illegible] çулса типӗтсе, [illegible] пӗтӗмпех кӑларса пуçтармалла. Силос хывмалли плана кашни колхозра тултарас пулать. Мӗнпур майсемпе усӑ курса, выльӑх апачӗ ытларах хатӗрлесе хума тӑрӑшмалла.

Республикӑри нумай районсенче выльӑх-чӗрлӗх усрама суртсем [illegible] ӗç питӗ кая юлнӑ. Суртсем çитмен пирки хӗл кунӗсенче фермӑсенчи выльӑхсем сиен курма пултараççӗ. Выльӑх-чӗрлӗх çурчӗсем тумалли плана пур колхозсенче те хӑвӑртрах пурнӑçламалла.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗçе малалла аталантарасси—умра тӑракан пысӑк задача. Ӑна пурнӑçлассишӗн парти организацийӗсем, ялхуçалӑх органӗсем, МТС-сем, колхоз правленийӗсемпе мӗнпур колхозниксем хастарлӑ кӗрешмелле.

Выльӑх-чӗрлӗх йышне ӳстерессишӗн тата унӑн тухӑçлӑхне хӑпартассишӗн социализмла ӑмӑрту анлӑрах сарса пырар!

## Хуçасӑрлӑх тыткӑнӗнче

ОКТЯБРЬСКИ. Иртнӗ çулта фермӑсенчи выльӑх-чӗрлӗхе мӗнле хӗл каçарни çинчен сӑмах хускатсан, «1-ое Мая» колхоз председателӗ И. Тресков юлташ тарӑннӑн сывларӗ.

— Йывӑрлӑхсем сахал мар пулчӗç,—терӗ вӑл.—Сӗтеклӗ апатсем çитменнипе нумай тӑкак куратпӑр.

Сӗтеклӗ апатсем çителӗклӗ хатӗрлемен пирки ку колхозра сӑвакан кашни ӗне пуçне иртнӗ çулта 416 литр çеç сӗт суса илнӗ. Ӗнесен сӗт тухӑçлӑхӗ кӑçал та унтан ытла мар. Сысна ӗрчетмелли плана тултарма халӗ тата 45 пуç çитмест. Фермӑсенчен кӑçал миçе тенкӗ тупӑш илнине Тресков юлташ хӑй те уçӑмлӑн пӗлеймерӗ.

— Каламалӑх та çук,—терӗ вӑл, аллине сулса.

«1-ое Мая» колхозра выльӑх апачӗ хатӗрлес ӗçе кӑçал та çав тери начар организациленӗ. Тресков юлташ пӗр сӑлтав хыççӑн тепӗрне тупма хӑтланать, анчах хӑй тата правлени колхоза тӗрӗс мар ертсе пынине малта пыракан ӗç опычӗпе усӑ курма пӗлменнине, тӑрӑшманнине тӳррӗн йышӑнма хӑюлӑх çитерейменрӗ.

Артель хуçалӑхӗн экономикипе кӗскен паллашсан та, «1-ое Мая» колхозра кӑçал выльӑх-чӗрлӗх валли сӗтеклӗ апатсем нумайрах хатӗрлеме майсем пулни курӑнать.

Иртнӗ çуркунне 3 гектар çине судан курӑкӗ, 4,5 гектар çине хӗвелçаврӑнӑшӗ акса хӑварнӑ. Анчах силос хывма вӑхӑт çитсен çав культурӑсем çинчен каллех манса кайнӑ. Судан курӑкӗ уйрах çапаланса выртать, 3,5 гектар çинчи хӗвелçаврӑнӑшне, силос шӑтӑкӗ патне турттарса хунӑ та, çӗртсе янӑ. Комбайнпа вырнӑ 12 гектар çинчи сӗлӗ, 7 гектар çинчи тулӑ, 14 гектар çинчи вӑрлӑхлӑх клевер улӑмӗсене халиччен те пухса купаламан, вӗсем кӗрхи çумӑр айӗнче йӗпенсе, çӗрсе пӑсӑлаççӗ.

Çак апатсене халех пухса кӗртмесен колхозри выльӑх-чӗрлӗх çитес хӗлре апатсӑр тӑрса юлассине И. Тресков тата колхозри пуçламӑш парторганизаци секретарӗ, вӑлах ял Совет исполкомӗн председателӗ А. Рассадин юлташсем куçпа курса тӑраççӗ, анчах ӗçе хӑвӑртлатма тӑрӑшмаççӗ.

Выльӑх апачӗ хатӗрлесси çине çаврӑнса пӑхман, çавна пула выльӑхсене сӗтеклӗ апатсӑр тӑратса хӑваракан колхоз руководителӗсем районта сахал мар. Уйрӑмах кунта силос çине чӑтма çук сӳрӗккӗн пӑхнине хыттӑн палӑртмалла. Çав паха апата хатӗрлемелли плана халӗ районӗпе 50 процент ытларах çеç тултарнӑ, государство планне часрах тултарма тӑрӑшни те курӑнмасть.

— Силоса эпир çулленех хыватпӑр, анчах вӑл усӑ кӳнине курмастпӑр, — тет «Новая жизнь» колхоз председателӗ Ефимов юлташ.

Вӑл çав сиенлӗ шухӑш саракан сӑмаха калать çеç мар, хӑй кая юлнӑ сын пулнине ӗçре те кӑтартса парать. Колхозра кӑçал çуркунне выльӑх кӑшманӗ пӗр гектар та акман. Халӗ силос хывмалли плана пурӗ те 15 процент çеç тултарнӑ. Выльӑх апачӗ хатӗрлес, выльӑх-чӗрлӗхе тӑрантарас ӗç çине çавнашкал пӑхни колхоза мӗн чухлӗ сиен кӳнине çак цифра та лайӑх кӑтартса парать: «Новая жизнь» колхозра сӑвакан ӗне 36 пуç шутланать, кашни ӗнерен кӑçалхи 9 уйӑх хушшинче 204 литр çеç сӗт суса илнӗ.

Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх çине чунсӑр пӑхакансем Октябрьски районӗнче татах та пур.

Молотов ячӗпе тӑракан колхозри ферма работникӗсем выльӑх-чӗрлӗх шутне, унпа пӗрлех тухӑçлӑхне те ӳстерессишӗн чунне парса тӑрӑшаççӗ. Сӗт-çу фермин заведующийӗ И. Ситков юлташ, район Совечӗн депутачӗ Макарова дояркка тата ытти работницӑсем тӑрӑшнипе ӗнесем сӗт тухӑçлӑхне кӑçал 9 уйӑх хушшинче 744 литра çитерчӗ. Колхоз государствӑна сӗт памалли плана сентябрӗн 10-мӗшӗ тӗлне тултарнӑ, ун хыççӑн, закуп йӗркипе, пӗр уйӑх хушшинче 3 пин литр сӗт сутнӑ. КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ «ССР Союзӗн ялхуçалӑхне малалла аталантармалли мерӑсем çинчен» йышӑннӑ постановленине хавхаланса, ферма работникӗсем ӗнесен сӗт тухӑçлӑхне тата нумай ӳстерме обязательство йышӑннӑ. Анчах правлени членӗсем, вӑл шутра колхоз председателӗ А. Макаров юлташ хӑй те, тата уй-хир бригадирӗсем ӗне выльӑхсене сӗтеклӗ апатсӑр, утӑсӑр тӑратса хӑварас çул çине тӑнӑ. Вӗсем тӑвакан киревсӗр ӗçсенчен хӑшпӗрисене кӑтартса парӑпӑр.

Ситков юлташпа дояркӑсем ӗнесене тӑрантарас ӗçре симӗс конвейерпа усӑ курма тытӑннӑ. Анчах дояркӑсем ферма валли уйӑрса панӑ участок çинчи курӑка çулма кайсан, уй-хир бригадирӗсем вӗсен аллинчи çавасене туртса илнӗ те, хӑйсене хӑваласа янӑ.

— Ӗнесем кӳлмелли выльӑх мар, вӗсем валли курӑк çулма памастпӑр,—тенӗ вӗсем.

Ситков юлташ выльӑхсем валли силос нумайрах хывма ӳкӗтлет, анчах правлени ӳкӗте кӗмест. Вара ферма работникӗсем, хӑйсен вӑйӗпе 3 шӑтӑк хатӗрлесе, 50 тонна силос хывнӑ. Тата 150 тонна силос хывасси пирки правлени шутласа та пӑхман.

Выльӑх апачӗ хатӗрлекен (чӑннипе пӑхсан, ӗçлемен) бригада ӗнесем валли кӑларнӑ 11 лав выльӑх кӑшманне тепӗр илти сурӑх фермӗ умне кайса тӑкнӑ. Ситков юлташпа дояркӑсем, фермӑри ӗçсене пӑрахса, çав кӑшмана ӗне фермӗ патне куçарса нумай вӑхӑт ирттернӗ.

Ситков юлташ халӗ çӗнӗрен рационализаторла питӗ лайӑх сӗнӳ парать. Вӑл çӑрт айккинчен хӗлӗн-çӑвӗн юхса выртакан çӑл шывне тӳрех фермӑна кӗртмелле тӑвасшӑн.

— 100—120 метр тӑршшӗ тимӗр трубасем çеç парӑр, урӑх пире нимӗнле пулӑшу та кирлӗ мар,—тет Ситков юлташ,—мӗнпур ӗçе хамӑр вӑйпах тӑватпӑр.

Райпотребсоюз складӗнче сутлӑх трубасем выртаççӗ, вӗсене туянма колхозӑн укçа та пур, анчах Ситков юлташа хӑйӗн паха сӗнӗвне пурнӑçа кӗртме правлени кансӗрлесе тӑрать.

Выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансен çавӑн пек творчествӑлла пуçарӑвӗ çине бюрократла пӑхни сиен кӑна кӳрет. Ситков юлташ халӗ районти организацисенчен пысӑк пулӑшу кӗтет, анчах вӗсем те ӑна пулӑшма васкамаççӗ.

Вырӑнти организацисем колхозсенче выльӑх-чӗрлӗхе пӑхас ӗçе лайӑхлатасси çинчен йышӑннӑ решенисене тӗрӗсткипе илсе кӑтартма пулӗччӗ. Сӑмахран, Маяковский ячӗпе тӑракан колхозра фермӑсене хӗле хатӗрлес ӗçе тӑвасса 2 уйӑх хушшинче 4 хутчен сӳтсе явнӑ. Анчах никама та нимӗн хушман решенисем, ялан хи пекех, хут çинче тӑрса юлаççӗ. Çавӑнпа та асӑннӑ колхозра силос хывмалли плана 47 процент çеç тултарнӑ, пысӑк çӗр лаптӑкӗ çинчи çӗрулми юр айне юлас хӑрушлӑх пур, выльӑх апачӗсене пӗçерсе хатӗрлеме пӗр кубометр та вутӑ çук.

Октябрьски МТС-ӗ колхозсенче выльӑх апачӗ хатӗрлес ӗçе чӑтма çук начар хутшӑнать. Халӗ, çӗрулмипе тымарçимӗçсем пухса кӗртес, силос хывас ӗçсене пур майпа та хӑвӑртлатас чухне, механизаторсен пуçарулӑхӗ курӑнмасть. МТС-ӑн 7 силосорезка пур, анчах вӑл силослӑх культурӑсене турас памалли плана 27 процент çеç тултарнӑ. Çӗрулми кӑлармалли икӗ çӗнӗ машинӑран пӗрне çаплипех ӗçе ярайман.

Ку МТС колхозсене пысӑк пулӑшу парассине кӗтме те хӗн. Дирекци районти колхозсенчен татӑлса кайнӑ, вӗсенче ялхуçалӑх ӗçӗсем мӗнле пулса пынине те, вӗсен нушисене те уççӑн пӗлмест. 1953 çула кӗнӗренпе МТС директорӗ Е. Александров юлташ МТС Совечӗн пӗр ларӑвне те ирттермен.

Выльӑх-чӗрлӗх апачӗ хатӗрлес ӗçре татӑклӑ улшӑну тумасан, районти колхозсем иртнӗ çулта туссе ирттернӗ [illegible] тепӗр хут кӗрсе ӳкме пултараççӗ. Выльӑхсене тутӑ, ӑшӑ суртсенче хӗл каçармалла тӑвасси районти парти, совет тата [illegible] органӗсен халӗхи чи кирлӗ задачи пулмалла.

«Коммунизм ялавӗ» хаçат бригади:
В. ТРОФИМОВ, В. АНДРЕЕВ,
Н. ВОЛКОВ.

ЧӐВАШ АССР-ӗнчи КОЛХОЗСЕМ 1953 ÇУЛТА ВИТЕСЕМ ТУМАЛЛИ ПЛАНА ТУЛТАРНИНЕ КӐТАРТАКАН

СВОДКА

октябрӗн 1-мӗшӗ тӗлне (процентпа)

| Районсем | Выльӑх витисем | Кайӑк-кӗшӗк витисем | Чӗпсене усрамалли витесем |
|---|---|---|---|
| Чурачӑк | 108 | 57 | 53 |
| Ишлей | 96 | 128 | — |
| Муркаш | 96 | 117 | 16 |
| Çӗмӗрле | 78 | 25 | — |
| Етӗрне | 78 | 87 | 52 |
| Вачӑк | 74 | 77 | 100 |
| Вӑрнар | 70 | 17 | 15 |
| Шупашкар | 68 | 98 | 48 |
| Комсомольски | 65 | 20 | 29 |
| Чкаловски | 64 | 7 | — |
| Калинино | 62 | 58 | 9 |
| Элӗк | 54 | 41 | — |
| Октябрьски | 52 | 17 | 16 |
| Тӑвай | 44 | 25 | 39 |
| Кувакино | 40 | 100 | — |
| Советски | 37 | 57 | 2 |
| Хӗрлӗ Чутай | 34 | 31 | 6 |
| Куславкка | 33 | 48 | 126 |
| Сӗнтӗр | 33 | 42 | — |
| Улатӑр | 31 | 32 | — |
| Первомайски | 29 | 27 | 16 |
| Вӑрмар | 25 | 19 | 10 |
| Красноармейски | 23 | 28 | — |
| Канаш | 21 | 21 | 10 |
| Шӑхасан | 21 | 26 | 9 |
| Йӗпреç | 20 | 41 | 32 |
| Çӗрпӳ | 17 | 7 | 9 |
| Шӑмӑршӑ | 16 | 20 | — |
| Сӗнтӗрвӑрри | 14 | 25 | — |
| Пӑрачкав | 3 | 33 | 32 |

## Строительство бригади тӑрӑшнипе

ЧУРАЧӐК. Паварккассинчи «Слава» колхозри строительство бригади тӑрӑшса ӗçлет. Кӑçал кунта 150 пуç сурӑх вырнаçмалӑх вите, шывпа ӗçлекен çӑм арманӗ, 50 тонна тымарçимӗç вырнаçмалӑх хранилище туса пӗтерчӗç. Халӗ сысна вити туса пӗтереççӗ. Строительство бригадине С. Федотов, С. Самойлов, И. Николаев колхозниксем тӑрӑшса ӗçлеççӗ.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

## Сӗт тухӑçлӑхне ӳстерне

**Улатӑр районӗнчи «Победа» колхоз доярки Е. А. Лебедева юлташ каласа пани**

Иртнӗ виçӗ çул хушшинче эпир ӗне фермичче пысӑк ушӑнусем турӑмӑр. 1950 çулта вӑтам шутпа кашни ӗнерен 1.300 литр сӗт суса илнӗ пулсан, 1952 çулта 1.800 литр суса илнӗ. Çак çитӗнӗве выльӑх апачӗ çителӗклӗ хатӗрленипе тата ӗнесене тӑрӑшса пӑхса усранипе тума пултартӑмӑр. Кашни ӗнен уйрӑмлӑхне шута илсе вӗсене тӑрантармалли рацион тунӑ. Килӗрех ӗнесене пурне те пӗр майлах апат паратпӑмӑр, халӗ вӗсене сӗт ӳстерсе пынине шута илсе тӑрантаратпӑр.

Доярка пулса эпӗ 14 çул ӗçлерӗм. Сӗт тухӑçлӑхне ӳстерессишӗн ялан тӑрӑшни пек кӗрешни пулман. Партин XIX-мӗш съездӗн решенийӗсемпе паллашнӑ хыççӑн, дояркӑсем пысӑкрах обязательствӑсем илчӗç, социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатрӗç.

Ӗнесене эпӗ вӗсен чӗрӗ виçине тата мӗн чухлӗ сӗт панине кура тӑрантаратӑп. Кӗтӳре çӳретмен вӑхӑтра вӑтам шутпа кашни ӗнене талӑкра çакӑн чухлӗ апат çитеретӗп: утӑ тата никӑпа улӑм хутӑшӗ 10 килограмм, тымарçимӗç 16 килограмм, силос 12 килограмм, концентратсем 2 килограмм. Ырашп улӑмне çисе яма пултарнӑ таранах паратпӑр. Рациона минераллӑ апатсем те кӗреççӗ.

Çитерес умӗн тымарçимӗçсене яланах лайӑх çунӑ, корнерезкӑпа турасса вакланӑ. Сӗтеклӗ апатсем ытларах пама палӑртнӑ ӗнесене тымарçимӗçсене икӗ пая уйӑрса паратӑп. Пӗр пайне ирхине 6 сехетре сунӑ хыççӑн, тепӗр пайне каçхине сунӑ хыççӑн.

Кӑçал çулла пирӗн колхоз малтанхи хут кӗтӳ çӳретмелли вырӑнсемпе вагонсем туса усӑ курчӗ, симӗс курӑк конвейерӗ йӗркелерӗ. Кӗтӳ кӗтме пуçланӑ малтанхи уйӑхра эпӗ кашни ӗнене талӑкра 16 килограмм кӑшман тата пӗр килограмм концентрат хушса çитерсе пытӑм. Июнӗн 15-мӗшӗнчен пуçласа симӗс клевер, июль пуçламӑшӗнче викӑпа сӗлӗ хутӑшӗ çулса çитерчӗ. Çав апатсемпе ӗнесене шӑрӑх кунсенчех сулхӑнра е каçхине тӑрантарнӑ.

Ӗнесене талӑкра виçӗ хут сӑватӑп. Ӗне сӗт антарасси çине уйрӑмах тимлӗ пӑхни кирлӗ. Лайӑх тӑрантарса усрасан, ӗне сӗте лайӑх антарать. Чӑн та, çакна тума йывӑр, вӑл часах пулакан япала мар, анчах ӳркенмесӗр, çине тӑрса ӗçлесен ӗнесенчен чылай нумайрах сӗт суса илме пулать.

Сӗт лайӑх антарасси ӗнен çилӗвне массаж тунинчен те нумай килет. Çак ӗçе тума йывӑр мар, апла пулин те ӑна пур дояркӑсем те тумаççӗ-ха. Эпӗ ӗнесен çиллине сӑвас умӗн тата сунӑ хыççӑн яланах массаж тӑватӑп. Сӑвас умӗн ӗне çиллине ипӗç тупанӗсемпе [illegible] сӳлелле, унтан [illegible] тӑп, унтан чӗчӗсене те чӑмӑрта-чӑмӑрта якататӑп. Суса пӗтерни хыççӑн ӗне çилли кашни чӗрӗкне уйрӑммӑн тытса шӑлмалла, сӗте юлашки тумлам юличченех суса илме тӑрӑшмалла.

Пирӗн фермӑра сунӑ сӗте çийӗнчех шута илсе пыраççӗ. Эпир, дояркӑсем, кашни ӗне мӗн чухлӗ сӗт панине пӗрмаях çырса пыратпӑр. Ферма мӗнле ӗçленине кашни уйӑхрах производствӑлла канашлура пӑхса тухатпӑр. Çав канашлусенчех пире çитес уйӑх валли задани параççӗ. Сӗт тухӑçлӑхне куллен çирӗп шутласа пыни тата дояркӑсене заданисене уйӑхлӑх парса пыни пире сӗт тухӑçлӑхӗшӗн тӑрӑшса ӗçлеме хистет.

Юлашки икӗ çул хушшинче фермӑри йывӑр ӗçсене чылай механизацилерӗ. Пӗлтӗр водопровод кӗртнӗ, выльӑхсене шыв автопоилкӑсенчен ӗçтеретпӗр. Апат пӗçерсе хатӗрлеме кормозапарник пур. Малашне пирӗн ӗç татах та çӑмӑлланать. Выльӑх апатне хатӗрлесе памалли цех уçаççӗ, унта тымарçимӗçпе çӗрулми турамалли, çумалли, апата пӑспа çемçетмелли хатӗрсем вырнаçтарса лартнӑ. Хӗлле валли электростанци туса пӗтереççӗ.

1952 çулта эпӗ 13 ӗне пӑхнӑччӗ. Кашни ӗнерен 1.975-шер литр сӗт суса илтӗм, 850 ӗçкунӗ турӑм. Çакӑншӑн мана 34 центнер тырӑ, ӗçшӗн хушса тӳлемелли йӗркепе 1.000 литр ытла сӗт пачӗç. Кӑçал та иртнӗ çулхинчен кая ӗçлемен. Сакӑр уйӑхра кашни ӗнерен 1.959-шар литр сӗт суса илтӗм. Çакӑншӑн эпӗ питӗ савӑнатӑп. Мана республикӑри чи лайӑх доярка ятне пама кандидата тӑратрӗç. Анчах та тунӑ ӗçпе лӑпланса лармастӑп. Партин Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ялхуçалӑхне малалла вӑйлатса пырасси çинчен йышӑннӑ историллӗ постановлени пире малашне тата та тӑрӑшарах ӗçлеме хушать.

## Плана пурнӑçланӑ

Чкаловски районӗнчи Калинин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем вӑйлӑ тырпул, тухӑçлӑ пахча çимӗç туса илессишӗн кӗрешнипе пӗрлех, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышне тата унӑн тухӑçлӑхне ӳстерессишӗн те пысӑк тимлӗхпе ӗçлеççӗ.

Колхоз выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли плана ӑнӑçлӑ пурнӑçласа пырать. Халӗ колхоз фермисенче мӑйракалӑ шултра выльӑхсем 214, сурӑхсем 605, сыснасем 424 пуç шутланаççӗ. Чӑх-чӗпсен йышӗ те çултан-çул нумайланса пырать.

Ферма работникӗсем çамрӑк выльӑхсене тӗрӗс пӑхса ӳстереççӗ. Сурӑх фермичче ӗçлекенсем кӑçал 180 сурӑхран 235 путек илсе, вӗсене тӗрӗс-тӗкел пӑхса çитӗнтерчӗ. Пӑрусем те лайӑх ӳсеççӗ.

Ферма работникӗсем, выльӑхсен йышне ӳстерсе пынипе пӗрлех, тухӑçлӑхне хӑпартассишӗн те тимлӗн кӗрешеççӗ. Кӑçал, иртнӗ çулхипе танлаштарсан, кашни сурӑхран 150 грамм ытларах çӑм касса илнӗ. Çавӑн пекех кашни ӗнерен сӗт суса илесси те палӑрмаллах ӳснӗ.

Колхозра йышлӑ выльӑх-чӗрлӗх валли ӑшӑ та сутӑ витесем çителӗклӗ. Кӑçал 109 пуç ӗне вырнаçмалӑх çӗнӗ вите тунӑ. Çавӑн пекех путексем валли те типовӑй вите туса лартнӑ. Пӑру вити туса пӗтереççӗ. Сысна фермичче икӗ корнемойка, ӗне фермичче шыв ӑшӑтмалли икӗ чан тата пӗр корнерезка лартнӑ.

Колхозра выльӑх апачӗ хатӗрлеме ятарласа бригада йӗркеленӗ. Ӑна опытлӑ колхозник Г. Калмыков юлташ ертсе пырать. Бригадӑра 110 колхозник ӗçлет. Бригадӑна 268 гектар çӗр çирӗплетсе панӑ. Унӑн туртӑм вӑйӗпе ӗç хатӗрсем çителӗклӗ. Бригада членӗсем выльӑх апачӗ тумалли культурӑсен тухӑçлӑхне çултан-çул ӳстерсе пыраççӗ.

Выльӑхсем валли апат çителӗклӗ хатӗрлени, вӗсене тутӑ тата тӗрӗс-тӗкел хӗл каçарма май парать. Сакна фермӑри работниксемпе выльӑх апачӗ хатӗрлекен бригада членӗсем лайӑх ӑсра тытаççӗ. Вӗсем 400 тонна силос, 2.800 центнер утӑ, 8.300 центнер ыраш улӑмӗ, 7.800 центнер çуртырри улӑмӗ тата çамрӑк выльӑхсем валли 65 лав çулçӑллӑ апат хатӗрленӗ.

Колхоз правленийӗпе пуçламӑш парторганизаци фермӑсенче ӗçлеме опытлӑ колхозниксене уйӑрнӑ. Ферма заведующийӗсем пулса коммунистсем ӗçлеççӗ. Кунта фермӑсенчи работниксене час-час улӑштарса тӑрассине тахçанах пӑрахӑçа кӑларнӑ. В. Артемьева, Г. Макарова, Л. Наумова колхозницӑсем 3—4 çул хушши ӗнтӗ выльӑхсем пӑхаççӗ. Вӗсен ӗçри опычӗ пуянлансах пырать.

В. КУЗНЕЦОВ.

* * *

ПЕРВОМАЙСКИ. Шверник ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Т. Тимофеев юлташ) государствӑна выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем памалли обязательствӑсене октябрӗн 1-мӗшӗ тӗлне тултарчӗ. Ку колхоз государствӑна çӗрулми памалли плана та сентябрь уйӑхӗнчех пурнӑçларӗ, силос хывмалли задание ирттерсе тултарчӗ. Карл Маркс ячӗпе тӑракан колхоз та государствӑна сӗт-çу, аш-какай тата çӑмарта парса татрӗ.

Районти ытти колхозсем те выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем памалли обязательствӑсене Октябрь уявӗ тӗлне пӗтӗмпех пурнӑçлама тӑрӑшаççӗ. Районти 23 колхозран 9 колхоз государствӑна сӗт-çу, 8 колхоз аш-какай, 6 колхоз çӑмарта парса татнӑ.

А. ТУКМАКОВ.



Ишлей районӗнчи «За коммунизм» колхозра фермӑсенчи выльӑх-чӗрлӗхе усрама çуртсем çителӗклӗ тума тӑрӑшаççӗ. Кӑçал сыснасене усрама пысӑк вите тунӑ. Витере таса, çутӑ,—унта электричество кӗртнӗ. Халӗ икӗ кормокухня тӑваççӗ. Кӑçалах ӗне вити туса пӗтереççӗ.
ӲКЕРЧӖК ÇИНЧЕ: кӑçал туса лартнӑ сысна вити.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчӗкӗ.

## Пысӑк майсем

Малта пыракан колхозсем выльӑх-чӗрлӗх валли апат çителӗклӗ хатӗрлеме тӑрӑшаççӗ. Вӗсем нумай çул тата пӗр çул ӳсекен курӑксем, тымарçимӗçсемпе силос культурисене акмалли плана çулсеренех ирттерсе тултараççӗ, вӗсен тухӑçлӑхне ӳстерме тӑрӑшаççӗ. Утӑ çулас, силос хывас ӗçсене кӗске вӑхӑтра туса ирттерсе реççӗ. Кун пек колхозсенче выльӑхсенчен продукци илесси палӑрмаллах ӳссе пырать.

Юлашки виçӗ çул хушшинче Красноармейски районӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхоз курӑксем акмалли лаптӑка 2,5 хута яхӑн пысӑклатрӗ, утӑ тухӑçлӑхне 4 хут ытла ӳстерчӗ. 1951 çулта колхозӑн нумай çул ӳсекен курӑксен ути пачах пулман, кӑçал çавӑн пек паха утӑ 2.563 центнер çулса пухнӑ. Колхоз уйра икӗ пусӑ çаврӑнӑшӗ тата выльӑх апачӗ акса тумалли пӗр пусӑ çаврӑнӑшӗ тунӑ, вӗсене йӗркене кӗртсе çитернӗ. Выльӑх апачлӗх акакан культурӑсем пӗтӗм çӗр лаптӑкӗн 27,6 процентне йышӑнаççӗ.

Районӗпе илсен вара выльӑх апачлӗх акакан культурӑсем пӗтӗм лаптӑкӑн 15,1 процентне кӑна йышӑнаççӗ-ха.

Ленин ячӗпе тӑракан колхоз кӑçал пӗлтӗрхинчен 22 процент ытларах утӑ çулса илнӗ. Нумай çул ӳсекен курӑксем акмалли плана 2,5 хут, пӗр çул ӳсекен курӑксем акмалли плана 3 хут ирттерсе тултарнӑ. 76 гектар çинче клевера пылак курӑксемпе хутӑштарса акнӑ. Люцернӑпа тимофеевкӑна вӑрлӑх тума чылай акнӑ. Силос тумалли культурӑсем, тымарçимӗçсем акнӑ лаптӑк та пӗчӗк мар. Выльӑхсене çитерме çӗрулми 39 гектар çинче лартса ӳстернӗ.

Ахальтен мар ӗнтӗ Ленин ячӗпе тӑракан колхозра кӑçалхи 7 уйӑх хушшинче сӑвакан кашни ӗнерен 1952 çулхинчен 200-шер литр ытла сӗт суса илнӗ. Колхоз июнь уйӑхӗнчех государствӑна выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем памалли обязательствине тултарчӗ, ун хыççӑн 8 пин литр сӗт сутрӗ.

Анчах, условисем пӗр пекех пулин те, çакӑн пек колхозсем районта урӑх çукла пӗрех. Районта выльӑх апачӗн никӗсӗ выльӑхсен хисепӗ ӳссе пынинчен кая юлнӑ. Чылай колхозсенче çулсеренех курӑксем, тымарçимӗçсем акмалли плана тултармаççӗ. Çарансене юсас тӗлӗшпе, «Партизан» колхозсӑр пуçне, ниçта та ӗçлемеççӗ. Курӑксем акмалли лаптӑка пӗчӗклетсе пыракансем те пур. Çапла вара, выльӑхсем валли сӗтеклӗ апат сахал хатӗрлеççӗ.

Киров ячӗпе тӑракан колхозӑн, курӑксем акмалли плана тултарсан, утӑ çулса илмелли лаптӑк 120 гектара çитмелле. Утӑ тухӑçлӑхне кашни гектар пуçне 25 центнера çити ӳстерсен, çак лаптӑк выльӑхсем валли 250 тонна ытла утӑ хатӗрлеме май парать. Анчах колхоз правленийӗн айӑпӗпе курӑксем акмалли лаптӑка нисепле те планпа пӑхнӑ хисепе çитерейменççӗ. Колхоз 1952 çулта хатӗрленӗ выльӑх апачӗн хисепӗнче утӑ 10 процент кӑна шутланнӑ. Кӑçал та ку колхозра выльӑх апачӗ тумалли культурӑсем акнӑ лаптӑк пӗтӗм лаптӑк шутӗнче 20 процент вырӑнне 8 процент кӑна йышӑннӑ. Тымарçимӗçсем кунта хисепре мар. Агротехникӑна хушнӑ пек пӑхса çитӗнтермен пирки, выльӑх кӑшманӗ кашни гектартан 16 центнер кӑна туса илнӗ.

Курӑксем акмалли пусӑ çаврӑнӑшӗсене пурнӑça кӗртни выльӑх апачӗн çирӗп никӗсне тума кирлӗ тӗп условисенчен пӗри пулса тӑрать. Анчах районти колхозсенче пусӑ çаврӑнӑшӗсене пурнӑça кӗртес тӗлӗшпе пачах çителӗксӗр ӗçлеççӗ. Çакна пурнӑça кӗртсен, выльӑх апачлӗх акнӑ культурӑсен лаптӑкӗ пӗтӗм акнӑ лаптӑкра 20 процент пулмалла, вара утӑ туса илесси çитес 2—3 çул хушшинче 2 хут ӳсме пултарать. Районти колхозсен нумай тата пӗр çул ӳсекен курӑксем 3.100 гектар акмалла. Акса тӑвакан курӑксен лаптӑкӗ 5.000 гектар пулмалла. Çак лаптӑк çинче 12 пин тонна, уйӑхла каласан, иртнӗ çулхинчен 2 хут ытларах утӑ пустарса кӗртме пулать. Кунсӑр пуçне, районта 2 пин гектар çаран пур, вӑл 4 пин тонна таран паха утӑ пама пултарать.

Çарансене çӗнетсе, курӑксене удобренисем сапса парса, «Партизан» колхоз юлашки çулсенче утӑ тухӑçлӑхне кашни гектар пуçне 7 центнер чухлӗ ӳстерме пултарчӗ. Пур колхозсем те «Партизан» артель пек ӗçлесен, вара çарансен тухӑçлӑхне хӑвӑрт ӳстерме пулӗччӗ. Утӑ çулса илмелли лаптӑка планпа пӑхнӑ пек 7 пин гектара çитерсен тата утӑ тухӑçлӑхне хӑпартсан районта 16 пин тонна таран паха утӑ туса илме пулать. Çакӑ выльӑх апачӗн никӗсне чылай пысӑклатма тата лайӑхлатма май панӑ пулӗччӗ.

Çарансем çинчен пысӑк тухӑçлӑ утӑ çулса илес тесен, вӗсене лайӑхлатмалла. Çуркунне çарансене сӳрелемелле, курӑксене вырӑнти тата минераллӑ удобренисемпе апат памалла, йывӑç тураттисенчен, ытти сӳп-çапран тасатмалла. Питӗ начар çарансене сухаласа пӑрахса, пысӑк тухӑç паракан пӑрçа йышши тата пылак курӑксем хутӑштарса акмалла.

Выльӑх апачӗн çирӗп никӗсне тӑвас ӗçре судан курӑкӗ акса тӑвассине сарса пыни пысӑк вырӑн йышӑнать. Юлашки 2—3 çул хушшинче сӑнаса пӑхнӑ та, çак курӑк пирӗн районти çӗр çинче лайӑх ӳсни курӑнчӗ.

«Путь Ленина» колхозра судан курӑкне Çавал хӗрринчи начар çарана сухаласа акнӑ. Кашни гектартан 360 центнер симӗс курӑк çулса илнӗ. Силос тума акнӑ хӗвелçаврӑнӑшӗ кунта гектартан 150 центнер тухать. Силос тума сулнӑ хыççӑн судан курӑкӗ тепӗр хут ӳссе çитӗнме тытӑннӑ, вара унта выльӑх кӗтӗвӗ çӳретнӗ. Кӑçал çак курӑка 10 гектар акнӑ. Малтанхи хут гектар çинчен 40 центнер утӑ çулса илнӗ, иккӗмӗш хут çулна чухне унтан кая мар утӑ тухнӑ.

Судан курӑкне «Урожай» колхозра кӗллӗ тӑпра çине кӗрхи тырӑсем хыççӑн акнӑ. Агротехникӑлла ӗçсем нумай туса ирттермен пулин те, çакӑнта кашни гектартан 120 центнер симӗс курӑк тухнӑ.

Пирӗн районти 8 колхозра сӑнаса пӑхнӑ тӑрӑх, судан курӑкӗн тухӑçлӑхӗ вика утипе силос тума акакан хӗвелçаврӑнӑш тухӑçлӑхӗнчен икӗ хут пысӑкрах пулни палӑрнӑ. Çапла ӗнтӗ судан курӑкӗ выльӑхсене çуркуннепе çулла симӗсле çитерме те, утӑ тума та, силос хывма та питӗ паха курӑк пулса тӑрать.

Ялхуçалӑх специалисчӗсен колхоз правленийӗсене çак курӑка акса тӑвассине йӗркелеме, унӑн тухӑçне ӳстерме пулӑшмалла.

Выльӑх апачӗн çирӗп никӗсне тӑвас ӗçре выльӑх апачлӗх культурӑсене акса тумалли агротехникӑна пурнӑçламанни чӑрмантарать. Çак культурӑсене нумай колхозсенче начар çӗр çине, кая юлса тата алӑпа акаççӗ. Нумай çул ӳсекен курӑксене пӑрçа йышши тата пылак курӑксене хутӑштарса мар, уйрӑм акни те пулать. Çавна пула курӑксем пӗтеççӗ е сайра шӑтса çитӗнеççӗ.

Малашне агрономсемпе механизаторсен колхозниксене выльӑх апачӗ çителӗклӗ туса хатӗрлеме пулӑшмалла. Кашни колхозрах выльӑх апачӗ нумай туса илмелли майсем пур. Çав майсемпе пӗтӗмпех усӑ курас пулать.

Р. АРХИПОВ,
районти ялхуçалӑхӗне хатӗрлев управленийӗн главнӑй агрономӗ,
Красноармейски районӗ.

# Çирĕп миршĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн!

## (Хаçатсен страницисем тăрăх)

Республикăри ĕççыннисем предприятисенче, колхозсенче, учреждениссенче Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Будапештра пулса иртнĕ сессийĕ, çавăн пекех Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн пленумĕ, Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Чăваш республикинчи комитетăн пленумĕ йышăннă решенисене пĕр шухăш-кăмăлпа ырлаççĕ.

Совет халăхĕн пĕр тĕллев—коммунизм тăвасси. Çак пархатарлă тĕллеве пурнăçа кĕртсе пырса, Совет Союзĕн правительстви мир политикине тата халăхсем хушшинчи туслăх политикине çирĕппĕн тытса пырать. Чăваш республикинчи ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, çирĕп миршĕн, халăхсем хушшинчи туслăха вăйлатассишĕн пулнине, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене çĕршывсем хушшинче калаçусем иртернипе татса памалла тăвассишĕн яр-уççăн кăтартса параççĕ.

Улатăрти пăравуссем юсакан заводра ĕçлекен рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен пĕрлехи пухăвĕнче мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Чăваш республикинчи комитетăн членĕ В. Чистопольский юлташ доклад туса панă.

— Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕ тĕнчери мĕнпур хирĕçӳсене мирлĕн татса парассишĕн кĕрешмелли пĕртен пĕр тĕрĕс çул-йĕре палăртрĕ,— тенĕ пухура механически цехри технолог Толова юлташ.— Америка империалисчĕсем урсах çĕнĕ вăрçă хатĕрлеççĕ. Анчах вĕсен вăрăхурахла ĕмĕчĕсем пурнĕрех путланса лараççĕ. Корейăра перемири тунни—миршĕн тăракансен пысăк çĕнтерĕвĕ, ку вăл—мире юрататакан пĕтĕм этемлĕх вăрçă чĕртекенсене хирĕç кĕрешнин результачĕ. Пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетес, ССР Союзĕн оборонине татах та тĕреклетес тесе, пирĕн кашнин харпăр хăйĕн участокĕнче ырми-канми, хастарлă ĕçлемелле.

Завод коллективĕ Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн решенине чун-чĕререн ырлать тата ăна ĕçпе çирĕплетет. Вăл Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа çĕнĕ пысăк обязательствăсем илнĕ. Халĕ çав обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн кĕрешӳ вăйланнăçемĕн вăйланать.

Республикăри чылай предприятисем 1953 çулхи производство планне срокчен тултарассишĕн кĕрешеççĕ. Шупашкарти электроаппаратура заводĕн коллективĕ, сăмахран, Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕ йышăннă решенисене сӳтсе явнă май октябрь уйăхне социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса пырать. Кунти малта пыракан рабочисем задание тăтăшах ирттерсе тултараççĕ. Сăмахран, Точилин юлташ валли мастер пулса ĕçлекен участок плана кашни уйăхрах срокчен тултарать. Ку участокри рабочисем нормăна 180—190 процентран кая мар тултараççĕ.

Сĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан заводра пулса иртнĕ пухура 1-мĕш цехри станочница Белякова юлташ çапла каланă:

— Пирĕн цех пĕррĕмĕш çур çул планне 123 процент, августри плана 165 процент тултарчĕ. Эпĕ хам уйăхри заданине 180 процент пурнăçларăм.

Завод коллективĕ çулталăкри плана Октябрь уявĕ тĕлне пурнăçлама обязательство илнĕ. «Ĕç тухăçлăхне ӳстерни миршĕн кĕрешни пулать»,— теççĕ кунта.

— Вăрçă чĕртме ĕмĕтленекенсене хирĕç эпир чи вăйлă, чи тĕрĕс хĕçпăшал кăларса тăрататпăр,— тенĕ пухура 3-мĕш цехри стахановка-комсомолка Н. Зеленова юлташ.—Çав хĕçпăшал вăл—продукци туса кăларас тĕлĕшпе государство паракан заданисене ирттерсе тултарни пулать.

Пĕтĕм тĕнчери çирĕп миршĕн, тавлашуллă ыйтусене çĕршывсем хушшинче калаçусем ирттернипе татса памалла тăвассишĕн пыракан кĕрешӳ пур ĕççыннисене те: рабочисене те, служащисене те, колхозниксене те пĕр пекех пысăк шанчăк парать.

Нумаях пулмасть Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз членĕсен пĕрлехи пухăвĕ пулса иртнĕ. Пухура Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн тата республикăри комитетăн ĕçĕсен итогĕсем çинчен активлă сӳтсе явнă. Доклад хыççăн чылай колхозниксем хăйсен шухăш-кăмăлĕсене тухса каланă.

— Совет халăхĕ вăрçă чĕртме хăтланакансен киревсĕр ĕçĕсене тарăхса сивлет,— тесе каланă пухура 70 çулхи колхозник А. Осипов юлташ.—Тĕнчери миршĕн тăракан миллионшар çынсен сасси хăватлăн янăрать: «Тĕп пултăр вăрçă!». Эпĕ, ватă пулин те, пĕр ĕçрен те юлмастăп, çамрăксемпе пĕрле ĕçлетĕп. Кăçал 100 ĕçкунĕ ытла турăм,— тет вăл.

Пухура пулнă колхозниксемпе колхозницăсем пурте, пĕр çын пек пулса, Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ тата Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн пленумĕн решенийĕсене чун-чĕререн ырланă, ялхуçалăх ĕçĕсене кĕске вăхăтра вĕçлеме пулнă. Çавăн пекех Тăвай МТСĕнчи механизаторсем айăн çапас, кĕрхи çĕртме тăвас тата ялхуçалăхĕнчи ытти ĕçсене лайăх пахалăхпа вĕçлеме сăмах панă.

— Пире, совет учителĕсене, мирлĕ пурнăç уйрăмах хаклă,— тесе каланă Чурачăк районĕн центрĕнчи ĕççыннисен пухăвĕнче вăтам шкул директорĕ М. Федоров юлташ.— Мĕншĕн тесен эпир ачасене коммунизмăн чаплă çуртне тума вĕрентсе çитĕнтеретпĕр.

— Медицина работникĕсем Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн тата Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн пленумĕн решенийĕсене чун-чĕререн ырлаççĕ,— тет Чурачăк больницинчи главнăй врач К. Топольницкий юлташ.

— Эпир çакна çирĕппĕн шанса тăратпăр,— тет Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи хĕрарăм-инженер Мертенгрен юлташ,—мир вăрçа çĕнтерет! Çак сăмахсем мĕнпур совет çыннисен шухăшпа туйăмĕсене палăртса тăраççĕ. Эпир, совет хĕрарăмĕсем, ачамăрсем вăрçă асапне ан тӳсчĕр, хаваслă та телейлĕ пурнăçпа пурăнччăр тесе тăрăшатпăр.

— Эпир вăрçă мĕн кунине питĕ лайăх пĕлетпĕр,— тенĕ Сĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи станочница А. Малеева юлташ.— Пирĕн хушăмăрта чылайăшĕ иртнĕ вăрçăран упăшкисене, ывăлĕсене, пиччĕшĕсене кĕтсе илеймерĕç. Сахал мар йывăрлăхсем тӳссе ирттерме тиврĕ. Акă мĕншĕн эпир вăрçа хирĕç. Вăрçă ан пултăр! Хамăрăн мĕнпур вăй-хала мир ĕçне çирĕплетме парар!

Çапла ĕнтĕ, республикăри ĕççыннисен пурин те пĕр шухăш-кăмăл: тĕнчери халăхсене çирĕп мир кирлĕ, ăна çĕнсе илме май пур, çĕнсе илессишĕн ырми-канми кĕрешмелле. Мир ĕçне çирĕплетессишĕн кашни çыннăн,— вăл предприятире, колхозра е учреждени ре ĕçлет-и—пурпĕрех, мĕнпур вăй-хала памалла!

# Юрă сăмахĕсем çинчен

Кăçалхи июнь уйăхĕнче пулса иртнĕ юрă праçникĕсем пирĕн халăхăн формипе нациллĕ, содержанийĕпе социализмла культури малалла хăвăрттăн аталанса пынине уççăнăн кăтартса пачĕç. Паттăр та ĕçчен халăх яланах юрăпа пурăнать. Унăн эстетикăлла туйăм-сисĕмĕ те тăтăшах ӳссе пырать. Халăх искусстви çыннисем умне çĕнĕрен те çĕнĕ ыйтусем кăларса тăратать, вĕсене тивĕçтерме ыйтать.

Чăваш поэчĕсен нумай сăввисем халăх юррисем пулса тăчĕç, анчах та халăх пур юрă сăмахне те йышăнмасть.

Пирĕн умра 13 авторăн 8 композитор кĕвве хывнă 16 сăвви выртать. Вĕсем пурте «Коммунизм ялавĕ», «Çамрăк коммунист» хаçатсен тата «Ялав» журналăн кăçалхи номерĕсенче çутă кун курнă. Калас пулать, çĕнĕ юрăсене халăх хушшине вăхăтра çитерсе, хаçат-журнал редакцийĕсем пархатарлă ĕç тунă. Пултарулăх кружокĕсене çĕнĕ юрăсем сывлăш пекех кирлĕ.

Юрă текстчĕсене çырас тĕлĕшпе, ятсумлисемпе пĕрлех, çамрăксем те тăрăшса ĕçлеççĕ. Н. Никитинăн «Çамрăк суйлавçă» (кĕвви И. Степановăн), М. Волковăн «Çутă кӳлĕ» (кĕвви Т. Фандеевăн) сăввисенче аван шухăшсемпе пĕрлех кĕвĕлĕх те пурри сисĕнет.

А. Артемьев ӳссе пыракан çамрăк прозаик, çамрăк поэт, вăл пурнăçран асра юлмалли детальсене суйласа илме пĕлет. Унăн сăввисем лирикăллă. «Ах, пĕлесчĕ», «Ăшă çумăр» юрăсене çамрăксем килĕштерсе йышăнчĕç.

В. Алагерăн «Кĕмĕл уйăх çуттинче» (кĕвви Г. Хирпӳн) сăвви автор халăх творчествине пĕлсе усă курайманнипе начар пулса тухнă. Сăвăри шухăша ырламалла, анчах та геройсен хăйсене тивĕç сăнарĕсене çителĕклĕ таран уçса паман. Чăнах та, хĕре шурă акăшпа танлаштарнă тĕслĕхсене эпир пĕрмаях тĕл пулатпăр. Пирĕн шутпа, ку танлаштару халĕ кивелнĕ ĕнтĕ. Кашăкпа çисен, ыла та тутăсăр иккенне пурте пĕлеççĕ. В. Алагер, сăвă юрату çинчен калать тесе, сăввине «чун», «чунăма», «чун савни», «савнă чунăм» тата «чуна» сăмахсемпе калăпласа лартнă. Акă, пĕр тĕслĕх:

> Акăш мар вăл, чун савни
> Кимĕпе ишсе çӳрет.
> Савнă чунăм йăл кулни
> Чунăма çĕклентерет.

Юрă сăмахĕ кĕске те тарăн пĕлтерĕшлĕ пулмалла. Шухăша сапаласа яни е пĕр шухăшах темиçе хут калани юррăн хакне чакарсах хурать.

### Вулакан çырăвĕ

> Кĕмĕл уйăх çуттинче
> Йăлкăшаççĕ орденсем.
> Эсĕ халăх ĕçĕнче
> Паттăр ӳсрĕн, сар пикем.

Çак куплетăн малтанхи икĕ йĕркиех хĕр ĕçпе чаплă пулни çинчен пĕлтерет. Апла пулсан, хыçалти йĕркисем нимĕ те тăмаççĕ.

Илемлĕ литература чĕлхине халăх калаçакан чĕлхе патне ытларах çывхартма, литература чĕлхинче халăх чĕлхин иксĕлми пуянлăхĕпе пĕлсе усă курма тăрăшмалла. Çакă В. Алагера çеç мар, юрă сăмахсен ватă мастерне Н. Васанккана та пырса тивет. Унăн «Колхоз такмакĕсем» (кĕвви Г. Хирпӳн) сăвăри сăмахсем, сăвăран сăвва куçса, тахçанах сӳсленсе пĕтнĕ. Сăвă, пĕтĕмĕшпе илсен, статистикăлла отчета аса илтерет.

Н. Евстафьев кăçал пурĕ виçĕ юрă сăмахĕ пичетлесе кăларчĕ. Вĕсенчен пĕри «Колхоз парни» ятли (кĕвви Ф. Лукинăн) çапла пуçланать:

> Шăркана ыраш ларсассăн
> Тырă сарăшрĕ пĕрмай.
> Тулăх тулă хассăн-кассăн
> Пуçне тайрĕ çиле май.
>
> Акаланă та сӳренĕ,
> Халь ак тырă тинĕс пек:
> Хĕвел чух вăл—ылтăн тейĕн —
> Илĕртет çап-çут тĕспе.

Ялхуçалăх енчен илсе пăхсан, шухăша тиркеме кирлĕ мар: унта тулă акса тунин историне, ăна комбайнпа пухса, машинăсемпе элеватора леçни çинчен каланă. Анчах çав фактсенчен поэзилле фактсем тăвас тесен, асăннă ĕçсем çине поэт куçĕпе пăхса, поэт чунĕпе çырмалла пулнă. Çавăн чухне тин вулакан ялхуçалăх факчĕсене çĕнĕлле, куç умне юлмалла, ăша кĕрсе лармалла туять. Уйрăм фактсене хисеплесе тухни поэзи мар-ха, ун пек поэт фактсене шута илекен констататор çеç пулса юлать.

Сăвăра кулăшла вырăнсем те тупăнкалаççĕ. «...Акаланă та сӳренĕ» пулсан, тыррине акни çинчен каламан вĕт-ха. Çапах та автор пире «Халь ак тырă тинĕс пек» тесе ĕнентересшĕн. Акмасăрах тырă пулать-мĕн. Ку тинĕс хĕррине тухса ларса ыйтăн пулă тытни пулмасть-ши?

«Колхоз парни» сăвăри пекех «Тăванлăх юрри» (кĕвви И. Степановăн), «Харсăр комсомол юрри» те (кĕвви И. Степановăн) илемлĕх енчен хытах уксахлаççĕ. «Юрри» тесе ят панипех автор туйăнсăр сăвăсене халăха сĕнесшĕн. Сăмăл меслет! Туйăмпа шухăшăн пĕрлĕхĕ çирĕп пулмалла.

Сăвăшкалах В. Давыдовăн «Телейлĕ элир, тантăшсем» (кĕвви А. Токаревăн) сăввинче те туйăмлăх сахал. Вăл ытлашши риторикăллă, лозунглă. Юханшывсене «пĕветпĕр» тени япалана кăвакартатпăр тенине пĕлтерет, юханшывсене эпир пĕвелетпĕр.

Н. Хусанкайăн «Харсăр комсомола» (кĕвви Г. Лисковăн) сăвви те йывăррăн вуланать. «Паян ĕçпеле çĕнтеретпĕр çĕршывăн хастар та патвар ачисем» текен предложение ăнланма йывăр. Текстра пĕрреллĕ хисеппе нумайллă хисепе хутăштарнă вырăнсем те пур.

Ача-пăчасем валли ятарласа çырнă юрă сăмахĕсем питех те сахал. Н. Васанкка çырнă «Лагерти вăйă юрри» (кĕвви А. Тогаевăн) тата Уйăп Мишшин «Шкула» (кĕвви Г. Хирпӳн) сăввисемсĕр пуçне пĕр юрă сăмахĕ те кăçал пичетленсе тухман. «Лагерти вăйă юрри» сăвва килĕшуллĕ, чăн-чăн ача чĕлхипе çырнă. Шкул ачисем çеç мар, пĕчĕк ачасем те ăна сăвартан татмаççĕ.

> Хур! Хур! Кăвайт хур!
> Пул маттур эс, пионер.
> Халĕ лайăх канар та
> Хĕлле лайăх вĕренер!

Уйăп-Мишшин «Шкула» сăвви те ачапăча интонацийĕпе йĕркеленĕ сăвă. Анчах унта сутсăнталăка ытларах сăнласа пани кансĕрлет. Виççĕмĕшпе тăваттăмĕш куплетсенчен пĕр куплет тунă пулсан, сăвва пусра тытма та çăмăл пулнă пулĕччĕ.

Юлашкинчен çакна каласа хăвармалла. Юрă валли текст çырасси çăмăл ĕç мар. Савăнпа поэт хăйĕнчен хăй ытларах ыйтни, халăх калаçакан чĕлхепех поэт хăй мĕн каласшăн пулнине каласа пама пултарни кирлĕ. Пирĕн, вулакансен, вырăссен генилле писателĕ Лев Толстой каласа хăварнине аса илтерес килет. «Пуринчен ытла çырма вăскаманни кирлĕ, тӳрлетме ӳркенменни кирлĕ, пĕр япаланах вунă хут, çирĕм хут улăштарни кирлĕ».

Эпир пирĕн поэтсем пысăк шухăшпа туйăмлă юрă сăмахĕсем çырасса шансах тăратпăр.

**Н. ПАХОМОВ,**
Чурачăкри вăтам шкул учителĕ.

# „Ялав“ журналăн çĕнĕ номерĕ

Чăваш совет писателĕсен Союзĕ уйăхра пĕрре кăларакан «Ялав» журналăн 9-мĕш номерĕ пичетленсе тухрĕ.

Журнал В. Долгов çырнă «Л. Н. Толстой» ятлă статьяпа пуçланать. «Аслă ĕçсен программи» ятлă умстатьяна Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленине пурнăçлас ыйтупа çырнă.

Çĕнĕ номерте Аркадий Эсхелĕн «Тарăн ĕуха», Красновăн «Пĕррĕмĕш класс ачи» ятлă очеркĕсем пичетленнĕ. Çавăн пекех В. Ухли çырнă «Ужахви», В. Алендей çырнă «Тапре куриччен» ятлă калăвсене кĕртнĕ, В. В. Маяковскин «Эпĕ Америкăна уçни» очеркăн малаллине пичетленĕ. Вырăссен паллă писателĕн Тургеневăн «Вăрманпа çеçенхир» ятлă очеркне чăвашла куçарса пичетленĕ. Кунсăр пуçне, тутар совет литературинче палăрмалла йĕр хывнă талантлă поэт Муса Джалиле çинчен Яков Ухсай çырнă «Поэт-патриот» ятлă статья пур.

«Ялав» журналăн поэзи пайĕнче А. Артемьевăн «Виçĕ ывăл» ятлă сăвăлла çĕнĕ юмахĕ, Кăсăя Васлейĕн «Кăмăл», А. Жирновăн «Сывăх сăн», Г. Ефимовăн «Çĕнĕ пукане» ятлă сăввисем пур.

Журнал хуплашкин иккĕмĕш страницине Т. Фандеевăн «Юратнă çĕршыв» юррине кĕртнĕ. Юрă сăмахĕсене В. Давыдов çырнă.

Журнал хуплашкине нумай тĕслĕ сăрсемпе илемлетсе кăларнă.

# Н. М. Шверник юлташ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕнче каланă сăмах

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн октябрĕн 11-мĕшĕнче пулнă каçхи ларăвĕнче тухса каланă чухне Совет профсоюзĕсен делегацийĕн пуçлăхĕ Н. М. Шверник чи малтан Совет Союзĕнчи профсоюзсене пĕрлешсе тăракан рабочисен, инженерсемпе техниксен, служащисен ячĕпе делегатсене, сăнакансене тата хăнасене саламланă.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ çакăн пек пысăк конгресс пухни, тенĕ Шверник юлташ, тĕнчери профсоюзсен юхăмĕнче историллĕ вырăн йышăнса тăрать, вăл тĕнчери рабочисен пĕрлĕхне çирĕплетессишĕн кĕрешес ĕçре пысăк çитĕнӳ туни пулать.

Профсоюзсен 1949 çулта пулса иртнĕ тĕнчери II-мĕш конгресĕпе хальхи конгресс хушшинчи тапхăрта Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн авторитечĕ нихçанхинчен те ытла ӳсрĕ, мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисен анлă массисем хушшинче унăн влиянийĕ пысăкланчĕ.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ рабочисен юхăмĕнчи раскольниксемпе дезорганизаторсене хирĕç, рабочи класăн тăшманĕсене хирĕç кĕрешсе туптанса тĕрекленчĕ.

Профсоюзсен Парижра пулса иртнĕ пĕтĕм тĕнчери I-мĕш конгресĕ мĕнпур çĕршывсенчи профсоюзсене «профсоюзсен пĕрлĕхне çирĕплетессишĕн кĕрешме чĕнсе калани çинчен тата ĕççыннисен пĕрлĕхне хавшатма, вăйсăрлатма е хирĕçтерсе яма тăракансене пурне те хирĕç кĕрешме» чĕнсе калани çинчен аса илтерсе, Шверник юлташ çакна кăтартса панă: Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи, Англири, Канадăри, Австралири, Скандинави çĕршывĕсенчи тата ытти çĕршывсенчи профсоюз центрĕсен пуçлăхĕсем рабочи класăн пĕрлĕх ĕçне сутрĕç. Çав вăхăтрах Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ рабочи класăн пĕрлĕхне çирĕппĕн тытса пычĕ.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ рабочи класăн историйĕнче чи хăватлă, чи авторитетлă организаци пулса тăрать. Вăл çĕр чăмăрĕ çинче пурăнакан ĕççыннисен ытларахăш пайне пĕрлештерсе тăрать. Унăн ретĕсенче тăракан профсоюз членĕсем 82 миллион çын ытла шутланаççĕ.

Хăшпĕр çĕршывсенчи профцентрсем Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕмеççĕ пулин те, çав çĕршывсенчи рабочи класс хушшинче те унăн влиянийĕ вăйланса пырать. Çак çĕршывсенчи ĕççыннисем Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине йышăнаççĕ, унпа çыхăну тытма тăтăклăн ыйтаççĕ.

Тĕрлĕ çĕршывсенчи миллионшар ĕççыннисем, политикăпа тĕн тĕлĕшĕнчен мĕнле шухăш тытнине, мĕнле раса тата наци çынни пулнине пăхмасăр, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ ертсе пынипе рабочи класăн хăватлă фрончĕ пулса тăраççĕ. Вĕсем капитализмла мĕнпур çĕршывсенче эксплуататорсене хирĕç тăтăклăн тăраççĕ, империализмла çĕнĕ вăрçă кăларма хатĕрленекенсене хирĕç кĕрешеççĕ.

Çакă вăл Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн ĕçĕсен паха итогĕсенчен пĕри тата вăл рабочи класс умĕнче тунă тава тивĕçлĕ ĕç пулса тăрать.

Миршĕн кĕрешес ĕçе нумай миллионлă ĕççыннисем активлăн хутшăннипе, вăрçă чĕртекенсене хирĕç активлăн кĕрешнипе тата Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики, мирпе демократи лагерĕ тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунипе кăна, тенĕ Шверник юлташ, Корейăра юн юхтарассине чарса лартнă. Çак вăрçа пула çынсен юнĕ нумай юхнă. Ăна чарса лартман пулсан тата пысăкрах хирĕçӳсем тухма пултарнă.

Пĕтĕм тĕнчери халăхсем çак фактă тĕнчери мир лагерĕ тунă пысăк çĕнтерӳ тесе шутлаççĕ.

Анчах та агрессиллĕ вăйсем тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассине пур майсемпе те хирĕç пыраççĕ, вĕсем кирек мĕнле пулçан та çак политикăна путлантарса лартма тăрăшаççĕ.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн исполнительнăй бюровĕ мĕнпур çĕршывсенчи профсоюз организацийĕсемпе ĕççыннисене, Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ тĕнчери тавлăшуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса парассишĕн пуçарнă кампание активлăн хутшăнма чĕнсе, тĕрĕс турĕ.

Совет Союзĕнчи профессиллĕ союзсем Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕпе унăн ертсе пыракан органĕсен ĕçĕсене пĕтĕмпех ырласа йышăнаççĕ.

Совет профсоюзĕсем, тенĕ Шверник юлташ, халăх хуçалăхне малалла аталантарас, ĕççыннисен материальнăй пурнăçне вĕçĕмсĕр лайăхлатса пырас тата вĕсен культурăллă шайне ӳстерес, промышленноçпа çурт-йĕр строительствине вăйлатас тĕлĕшпе пĕтĕм вăя хурса ĕçленĕ.

Йывăр промышленноçа аталантарнă никĕс çинче пирĕн çĕршывра социализмла ялхуçалăхĕ анлăн аталанчĕ.

Ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн тата производство новаторĕсен малта пыракан опытне ĕçе анлăн кĕртсе пырассишĕн совет профсоюзĕсем активлăн хутшăнса кĕрешнипе çитĕнӳсем тунине пула, пирĕн çĕршыври халăхсен материальнăй пурнăçĕ чылай лайăхланчĕ. Çакă вăл рабочисен, инженерсемпе техниксен, служащисен укçан илекен тата реальнăй ĕç укçи, çавăн пекех хресченсен тупăшĕ ӳснинче курăнса тăрать.

Рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине ӳстермелли пысăк çăлкуçĕсенчен пĕри вăл Совет правительстви халăха кирлĕ таварсен хакне тăтăш йӳнетсе пыни пулса тăрать.

Тавар хакĕсене ултă хутчен йӳнетнĕ хыççăн халĕ ĕççыннисем 1947 çулта илнĕ укçапа пĕр килограмм вырăнне икĕ килограмм çурă тулă çăкăрĕ, пĕр килограмм вырăнне 2,5 килограмм аш-какай, 2,4 килограмм усламçу, 2,3 килограмм макарон, 2,2 килограмм çĕрулми, 3 килограмм улма-çырла илме пултараççĕ.

Хальхи вăхăтра пальто, костюм, атă-пушмак хакĕсем 1947 çулхинчен пĕр хут çурă патне йӳнерех. Культура таварĕсемпе хуçалăхра кирлĕ таварсен хакĕсем те чылай йӳнелнĕ.

Тавар хакĕсене тăтăш йӳнетсе пынипе, рабочисемпе служащисен реальнăй тупăшĕ, çавăн пекех хресченсен тупăшĕсем ӳссе пынипе совет çыннисен апат-çимĕçĕ пĕрмай лайăхланса пырать, тутă тытакан апат-çимĕç илесси тата промышленность таварĕсем туянасси ӳссе пырать.

ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх государствăпа коопераци суту-илĕвĕн ваккăн сутмалли тавар çаврăнăшне 70 процент таран ӳстерме палăртнă.

Çак задание 1954 çултах тултаратпăр.

Халăха массăллăн кирлĕ таварсен хакĕсене йӳнетнипе, реальнăй ĕç укçи ӳснипе пĕрлех, ĕççыннисем укçан илекен ĕç укçи те ӳсет. Юлашки çулсем хушшинче ССР Союзĕнче рабочисемпе служащисем укçан илекен ĕç укçи пĕр хут çура яхăн ӳснĕ.

Совет Союзĕнче ĕç укçи ĕççыннисем илсе тăракан материальнăй пурлăха пĕтĕмĕшлĕн палăртмасть. Рабочисемпе служащисем тата вĕсен çемйисем ĕç укçи илсе тăнисĕр пуçне тата ытти енчен те тупăшсем илсе тăраççĕ.

Государство ĕççыннисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тӳлевсĕр тивĕçтерме, халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас, социальнăй обеспечени ĕçĕсем валли, производство ĕçне вĕрентме, çамрăксен квалификацине ӳстерме тата ытти тӳлевсемпе çăмăллăхсем валли миллиардшар тенкĕ укçа расходлать.

Укçан тӳлекен ĕç укçи ӳснипе, халăха кирлĕ таварсен хакне йӳнетнипе тата государство шучĕпе халăха парса тăракан ытти тӳлевсем ӳснипе вăрçă хыççăнхи тапхăрта рабочисемпе служащисен реальнăй тупăшĕсем чылай ӳсрĕç. Çак тупăшсем, ĕçлесе тăракан пĕр çын пуçне илсе шутласан, 1952 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, 68 процент ӳснĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх, государство шучĕпе тăвакан çурт-йĕр строительствин анлă программине пурнăçлама палăртнă. Унччен пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, ку ĕçсем валли уйăрса паракан укçа-тенкĕ икĕ хута яхăн ӳсет.

Ĕççыннисен материальнăй пурнăçĕ лайăхланни çинчен государственнăй социальнăй страховани бюджечĕ ӳсни те лайăх каласа парать.

Иртнĕ 1952 çулта государственнăй социальнăй страховани бюджечĕ вăрçă чченхи 1940 çулхи бюджетран 2,5 хута яхăн пысăкрах пулнă.

Пирĕн çĕршывра ĕççыннисен ĕçĕпе сывлăхне сыхласа тăрассишĕн хытă тăрăшаççĕ. Вĕсене хăйсен ачисене воспитани пама куллен пулăшу параççĕ. Çак шутпа ача яслисемпе ача сачĕсем, ачасем валли çуллахи санаторисем уçнă.

Совет государстви халăха вĕрентес ĕçе малалла вăйлатасси çине тимлĕн пăхать. Ку вăл халăхăн культурине ӳстермелли никĕс пулса тăрать.

Пурне те обязательнăй йĕркепе çичĕ çул вĕрентес ĕç пур çĕрте те пурнăçа кĕнĕ.

Аслă, вăтам тата техникăлла специальнăй шкулсенче 3 миллион çын ытла вĕренет. Пĕтĕм шкулсене пĕрле илес пулсан, кăçал пурĕ 57 миллион çын вĕренет.

Ситес сывăх çулсенче пирĕн çĕршывра пурне те çичĕ çул вĕрентес ĕçрен пурне те обязательнăй йĕркепе вунă çул вĕрентмелли ĕçе куçмалла пулать. Малтан—хуласенче, унтан—ялсенче.

Совет халăхĕн пурнăçĕ лайăхланнине кăтартакан тĕп паллă вăл наци тупăшĕ вĕçĕмсĕр ӳссе пыни пулать. ССР Союзĕнчи ĕççыннисем хăйсен материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерме наци тупăшĕнчен тăватă пайран виçĕ пайне илсе тăраççĕ, ытти пайĕ социализмла производствăна ӳстерме тата государствăпа обществăн ытти ыйтăвĕсене тивĕçтерме каять.

1940 çултан пуçласа 1951 çула çитиччен пирĕн çĕршывра наци тупăшĕ 83 процент ӳснĕ. 1952 çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, татах 11 процент ӳснĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх тапхăрĕнче наци тупăшĕ 60 процентран кая мар ӳсет, рабочисемпе служащисен ĕç укçи, ваккăн сутакан таварсен хакĕ йӳнелнине шута илсен, 35 процентран кая мар ӳсет.

Пилĕк çуллăх план тăрăх промышленность производствин шайĕ 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 70 процент патне ӳсмелле. Çакă вăл промышленность производствин шайĕ вăрçăччен хи шайран виçĕ хут ытла ӳснине пĕлтерет.

Кăçалах ĕнтĕ пирĕн çĕршывра промышленность производстви 1940 çулхинчен 2,5 хута яхăн пысăкрах.

Хальхи вăхăтра пирĕн çĕршывра халăха апат-çимĕç тата промышленность таварĕсем парса тăрассине ситес икĕ-виçĕ çул хушшинче тăтăклăн вăйлатас задачăна пурнăçлас ĕçсем пыраççĕ.

Пирĕн çĕршывра производствăн социализмла меслечĕсене пурнăçлани, производство хатĕрĕсем уйрăм харпăрлăхра тăнине пĕтерни, çынна çын эксплуатацилесе тăнине пĕтерни, экономикăлла кризиссене, ĕçсĕрлĕхе, халăх массисен чухăнлăхне пĕтерни ĕççыннисен анлă массисен пурнăç шайне тăтăш ӳстерсе пыма, халăх хуçалăхне аталантармалли аслă малашлăха пурнăçлама май парать. Совет çыннисем хăйсен ыранхи кунне çирĕппĕн шанса тăни, вĕсем пирĕн çĕршывра коммунизм çĕнтерессе шанса тăни çакăнтан килет те ĕнтĕ.

Хăйĕн сăмахĕн юлашки пайĕнче Шверник юлташ мĕнпур çĕршывсенчи рабочи класăн пĕрлĕхне тĕреклетес задача çинче чарăнса тăнă. Çак задача тĕнчери рабочи юхăмăн пурнăç тĕлĕшĕнчен пысăк вырăн йышăнса тăракан тĕп задачи пулать, тенĕ вăл.

Совет профсоюзĕсем çапла шутлаççĕ, тенĕ Шверник юлташ, çак задачăна пурнăçлас тесен, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн хăйĕн идейăлла тата организацилле влиянине мĕнпур çĕршывсенчи рабочисен анлăрах массисем хушшине сарса пымалла, рабочи класс ретĕсен пĕрлĕхне тĕреклетессишĕн, тĕрлĕ çул-йĕр тытакан профсоюзсене кĕрекен ĕççыннисем пурте пĕрлешсе ĕçлемелле тăвассишĕн, халăхсен пурнăç шайне лайăхлатассишĕн, миршĕн, халăхсем экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине вăйлатассишĕн кĕрешмелле.

Совет профсоюзĕсем çапла шутлаççĕ: тĕнчери тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса парассишĕн, ĕççыннисем хушшинчи интернационалла çыхăнусене тĕреклетессишĕн тата аслăлатассишĕн, вăрçă чĕртекенсем тĕлĕшпе сыхăлăха ӳстерессишĕн ирттерекен кампание анлă массăсене хутшăнтарни хăйĕн тавра тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи рабочисене пĕтĕçтерсе тăракан Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн вăйĕн çăлкуçĕ пулса тăрать.

Шверник юлташ конгресра тухса калакансем Америкăри ĕçлев федерацийĕпе производствăлла профсоюзсен конгресĕн халăха хирĕçле, раскольникла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларассине вăйлатма кирли çинчен каланисемпе килĕшнĕ. Вăл çавăн пекех конгресс ячĕпе нациллĕ центрсене, çавăн пекех Англири, Хĕвеланăç Германири, Латинла Америкăри ĕççыннисене тата Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕмен ытти çĕршывсенчи ĕççыннисене профсоюзсен пĕрлĕх фронтне тĕреклетесси çинчен чĕнсе калама тăратнă сĕнӳсене ырланă.

Шверник юлташ çавăн пекех капитализмла çĕршывсемпе колонисенчи ĕççыннисен кĕрешĕвне пулăшас, вĕсен пурнăç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн тата профсоюзсен тĕнчери пĕрлешĕвĕсен ĕçĕсене вăйлатмалли çинчен панă сĕнӳсене ырланă.

Совет Союзĕнчи профсоюзсен делегацийĕн пуçлăхĕ колонилле çĕршывсемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ĕççыннисене наци никама пăхăнманлăхĕшĕн, чухăнлăха, раса тĕлĕшĕнчен шута хуманнине, репрессисене хирĕç кĕрешес ĕçре пулăшу парса тăма кирлине палăртнă.

Шверник юлташ Бонра тата Парижра йышăннă çар килĕшĕвĕсем тата Германи милитаризмĕ тепĕр хут вăй илсе çĕкленни мир ĕçĕшĕн пысăк хăрушлăх пулнине палăртнă.

Бонн влаçĕсем юлашки вăхăтра Хĕвеланăç Германири профсоюзсем çине тапăнма тытăнни, тенĕ малалла Шверник юлташ, нимĕç фашизмĕ хăйĕн пуçне тепĕр хут çĕклеме пуçлани çинчен, хăйĕн сăннине рабочи класа хирĕç тĕллени çинчен калать.

Тĕнчери профсоюзсен юхăмĕн Хĕвеланăç Германири ĕççыннисене фашизмла реакци тапăнса пынине хирĕç кĕрешме пулăшас пулать, Хĕвеланăç Германири рабочи класпа профсоюзсене мĕнпур демократиллĕ вăйсемпе, фашизма хирĕç кĕрешекен вăйсемпе, пĕрлĕх фрончĕ туса хума чĕнес пулать, çапла вара Германира тепĕр хут вăрçă вучахĕ пулса тăма памалла мар, Европăри тата пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕшĕн пулма пултаракан хăрушлăха сирсе ярас пулать.

Кашни çĕршывра тата пĕтĕм тĕнчере рабочи класăн пĕрлĕхне туса хурасси çинчен тăракан ыйту хальхи вăхăтра нихçанхинчен те çивĕчрех тăрать, тенĕ Шверник юлташ.

Реакцилле шухăш тытакан уйрăм профсоюзсен пуçлăхĕсем раскольникла политика тытса пыни профессиллĕ союзсен рядовой членĕсен шухăшне палăртса тăманнине кăтартса, парса Шверник юлташ çапла каланă: нумай çĕршывсенче реакцин пĕрлешнĕ вăйĕсене хирĕç рабочи класăн пĕрлĕхлĕ фрончĕ туса хума реальнăй майсем пур.

Совет Союзĕнчи пролетарилле интернационализмла воспитани илнĕ профсоюзсем, тенĕ совет профсоюзĕсен делегацийĕн пуçлăхĕ, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен пĕрлĕхне тĕреклетес тĕлĕшпе туса пыракан мĕнпур ĕçĕсене малашне те пулăшса пырĕç.

Совет профсоюзĕсем, тенĕ юлашкинчен Шверник юлташ, миршĕн пĕтĕм чĕререн тăраççĕ. Вĕсем хăйсен правительствин тулашри мирлĕ политикине пĕр шухăшлă пулса йышăнаççĕ.

Çĕр чăмăрĕ çинче пурăнакан пĕтĕм халăх, чи малтан, рабочи класс, ĕççыннисем мире сыхласа хăварассипе интересленеççĕ, мĕншĕн тесен вĕсене вăрçă çĕнĕрен вĕçĕмсĕр пысăк хĕн-хур, асап кăна кӳме пултарать.

Вăрçă чĕртекенсене хирĕç, пĕтĕм тĕнчере мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн, ĕçхалăхĕн телейĕшĕн пыракан кĕрешӳре мĕнпур çĕршывсенчи рабочи класăн союзĕ çирĕп те никам çĕнтерейми вăй пултăр. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

# Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ

ВЕНА, октябрĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Конгресăн каçхи ларăвĕнче Ален ле Леап председатель пулса ертсе пынă.

Алжирти рабочисен представителĕ Андре Рюиз Алжирти рабочи класс Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн программипе ĕçсене пĕтĕмпех ырласа йышăнни çинчен каланă.

Рюиз тăшмансем рабочисен юхăмне вайсăрлатма пăхнине хирĕç ĕççыннисем паттăррăн кĕрешни çинчен каласа панă. Халĕ, тенĕ вăл, рабочисем çакна ытларах та ытларах ăнланса çитрĕç: рабочи класăн пурнăçĕ начарланни, профсоюзсен ирĕклĕхĕсене тата демократиллĕ ирĕклĕхсене пĕтерсе пыни, наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăма хуплăннă çынсене хирĕç юнлă ĕçсем туса ирттерни, ытти ĕçсенчен килнисĕр пуçне, раскольниксен сутăнчăкла ĕçĕсенчен те килет. Рабочисем хăйсем ирĕке тухассишĕн пыракан кĕрешӳре тĕнчери пĕрлĕхĕн пысăк пĕлтерĕшне ăнланаççĕ. Тĕнчери çак пĕрлĕхе Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлассишĕн кĕрешекен мĕнпур ĕççыннисем тăрăшнипе туса хума пулать.

Голландири ĕççыннисен представителĕ Брандсен «Маршалл планне» пурнăçлани Голландие мĕн патне çитерсе тăратни çинчен каланă. «Маршалл планĕ» пире çакна кăтартса пачĕ, тенĕ Брандсен, «экономикăлла пулăшу» пирĕн çĕршыва вăйлăн хĕçпăшалланмалли политикăпа тата вăйлăрах тăллантарать. Хĕçпăшалланнипе тухакан расходсем пĕтĕмпех ĕççыннисен сурăмĕсем çине тиенеççĕ.

Брандсен хыççăн совет профсоюзĕсен делегацийĕн руководителĕ Н. М. Шверник юлташ сăмах илнĕ. Ăна конгресс делегачĕсем нумайччен алă çупса йышăннă.

ВЕНА, октябрĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер конгресăн каçхи ларăвĕнче Совет профсоюзĕн делегацийĕн руководителĕ Н. М. Шверник сăмах каланă хыççăн, Израильри ĕççыннисен конфедерацине кĕрекен рабочи парти пĕрлешĕвĕн фракцийĕн представителĕ Барцилай сăмах илнĕ. Барцилай хăйĕн сăмахĕнче Израильри рабочисем пĕрлĕхшĕн кĕрешни çинчен каласа панă.

Ун хыççăн Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн генеральнăй секретарĕ Жан Лаффит тухса каланă. Вăл конгресс делегачĕсене — пĕтĕм тĕнчери рабочи юхăмăн представителĕсене, миршĕн кĕрешекенсен малти ретĕнче пыракан çынсене саламланă.

Жан Лаффит хăйĕн сăмахĕнче миршĕн пыракан тĕнчери юхăма халăхăн чи анлă сийĕсем, политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлă çынсем хутшăннине палăртнă. Рабочи класс, тенĕ вăл, çĕнĕ вăрçă сулне пӳлсе хума пултаракан вăй пулса тăрать.

«Тĕнчери ирĕклĕ профсоюзсен федерацине» кĕрекен Норвегири строительство промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн представителĕ Кристиансен çапла каланă: Норвеги Атлантика блокне кĕни Норвеги халăхне экономика енĕпе тӳсме çук пысăк йывăрлăх кӳчĕ, пурăнма кирлĕ япаласен хакне ӳстерсе ячĕ, социальнăй обеспечени валли тухакан расходсене чакарчĕ, демократиллĕ правасемпе ирĕклĕхе пӳлсе хучĕ.

ВЕНА, октябрĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн паян ирхине пулса иртнĕ ларăвĕнче чи малтан Кубари ĕççыннисен представителĕ Хосе Мигель Эспино тухса каланă. Кубари рабочи класс хăйĕн экономикăлла интересĕсене хӳтĕленипе кăна чарăнса тăмасть, тенĕ вăл. Кубари рабочисем паттăр Корея халăхне хирĕç çапăçма пĕр çын та яртăмарĕç.

Тĕнчери пролетариат пĕр шухăшлă пулнипе тата çĕршыври рабочисем паттăррăн кĕрешнипе, тенĕ малалла Эспино, Кубари рабочисен юратнă руководительне, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн вице-председательне Ласаро Пеньяна тĕрмерен кăларнă. Çакă вăл эпир пурте пĕрле тунă çĕнтерӳ пулать. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕпе Латинла Америкăри ĕççыннисен конфедерацийĕ пĕр шухăшлă пулни Кубари пролетариата çакна кăтартса пачĕ: вăл пĕчĕк утрав çинче пурăнать пулсан та пĕччен мар.

Конгресс делегачĕсене Гватемала делегацийĕн членĕсем — портсенче ĕçлекен рабочисен представителĕ Георгио Коронадо, пир-авăрпа çĕвĕ промышленноçĕнчи рабочисен федерацийĕн представителĕ Альбино Гарсия, ялхуçалăх рабочийĕсен представителĕ Габриэль Камей саламланă.

Кун хыççăн конгресс ячĕпе США-ри тир-сăран промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн председателĕ Бен Голд, çак профсоюзăн секретарĕ Пьетро Лючи янă саламсене вуласа панă. Вĕсене Америка влаçĕсем конгресс ĕçне хутшăнма Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен тухса кайма ирĕк паман.

Трибуна умне Китайри паттăр рабочи класăн представителĕ Лю Нин-и тухать. Вăл Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ рабочи класăн пĕрлĕхе ытларах та ытларах вăйланса пынă вăхăтра, миршĕн пĕтĕм тĕнчипе пыракан юхăм нихçанхинчен те ытла вăйланса çитнĕ вăхăтра пулса иртни çинчен калать.

Çĕнĕ Китайри профсоюзсем, тет Лю Нин-и, текех ĕнтĕ пусмăрта тăракан класс организацийĕ пулса тăмаççĕ. Вĕсем государствăна ертсе, тытса пыракан класăн массăллă организацийĕсем пулса тăраççĕ. Китайри профсоюзсен пысăкран та пысăк задачи вăл мĕнпур рабочисене, техникăлла интеллигенципе служащисене производствăна аталантарассишĕн ăнланулăн та активлăн кĕрешме пĕрлештерсе ертсе пырасси пулать.

Лю Нин-и çĕнĕ Китайри рабочисем вĕренме, хăйсен квалификацине ӳстерме пысăк майсем илни çинчен калать.

Лю Нин-и çĕнĕ Китая тăвас ĕçре профсоюзсем пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртать.

Унтан Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн секретарĕ тата Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн вице-председателĕ Ален ле Леап сăмах калать. Ăна делегатсем тăвăллăн алă çупса йышăнаççĕ. Ален ле Леап Вьетнамри ĕçлев конфедерацийĕн делегацине саламлать. Франци халăхĕн чи анлă сийĕсем, тет вăл, вăрçа чарса лартассишĕн тата Демократиллĕ Вьетнам Республикин президенчĕпе Хо Ши Минпа калаçусем ирттерессишĕн активлă кĕрешеççĕ.

Ален ле Леап рабочи класăн пĕрлĕхĕ çинчен тăракан ыйту пирки тĕплĕн чарăнса тăрать.

Конгресра Венесуэлăри ĕççыннисен ячĕпе нефть промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн представителĕ Федерико Рондон сăмах калать.

Венесуэлăра Анлине Америка капиталĕ пуç пулса тăнине палăртса, Рондон çапла каланă: ют çĕршыв империалисчĕсем пуç пулса тăнине хирĕç кĕрешесси, чи малтан, забастовкăсем вăйланнинче палăрса тăрать. Рабочисем çакна туйса çитрĕç: çĕршыври реакципе ют çĕршыв империализмне хирĕç кĕрешмелли тĕп хĕçпăшал вăл ĕççынни массисен пĕрлĕхĕ пулса тăрать.

Рондон конгресс делегачĕсене çакна асра тытма чĕнсе каланă: Венесуэлăри нефть промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен руководителĕсенчен пĕри Хесус Фарна виçĕ çул ытла ĕнтĕ тĕрмере ларать. Ăна вилĕм хăратса тăрать. Рондон конгресс делегачĕсене Фарнана ирĕке кăларассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме чĕнет.

Делегатсем Польшăри профсоюзсен центральнăй совечĕн председателĕ Виктор Клосевич тухса каланине ăшшăн йышăнса илеççĕ. Вăл конгреса Польшăри ĕççыннисен ячĕпе саламлать.

Клосевич Польша халăхĕ социализм строительствинче тунă çитĕнӳсем çинчен каласа парать.

Польшăри профсоюзсен представителĕ тухса каланă хыççăн, конгреса Вена хулинчи çамрăк рабочисен делегацийĕ саламланă.

Сирири рабочисен конгресăн делегачĕ Фадель Сирири ĕççыннисен йывăр пурнăçĕ çинчен каласа панă. Кунта ĕç кунĕ 10—12 сехет тăрăшшĕ пырать. Рабочисене канмалли куншăн тӳлемеççĕ. Çултаláкра пĕр хутчен паракан отпускпа ĕççыннисен 2 проценчĕ кăна усă курать. Сирири рабочисем ку таранччен социальнăй страхованипе усă курмаççĕ. Вĕсем хваттер тĕлĕшĕнчен уйрăмах начар условисенче пурăнаççĕ.

Сирири рабочисем çакна ăнланаççĕ, тенĕ Фадель, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешесси рабочисем хăйсен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн кĕрешессипе тачă çыхăнса тăрать.

Çакăнпа ирхи лару хупăннă.

ВЕНА, октябрĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Паян каçхи ларура конгресăн сĕнӳсем тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн председателĕ Дюамель конгресс ячĕпе вĕçĕмсĕр саламлă телеграммăсем, посланисем, çырусем килсе тăни çинчен пĕлтернĕ. Ку таранччен 40 çĕршывран саламлă телеграммăсем килнĕ. Çакă вăл Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн ĕçĕсемпе мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисем питех те интересленни çинчен калать.

Саламлă çырусене вуласа панă хыççăн конгресра Болгарири профсоюзсен центральнăй совечĕн председателĕ Тодор Прахов, Корейăри профсоюзсен федерацийĕн делегаци пуçлăхĕ Се Хи На, Румынири ĕççыннисен представителĕ Морару, Хĕрарăмсен пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ федерацийĕн представительници Мари-Клод Вайян-Кутюрье, Аргентина делегацийĕн руководителĕ Рубенс Искаро, Трансваалĕн (Кăнтăр Африка) вырăнти халăхсен профсоюзĕсен делегачĕ Поль Джозеф, Израиль профсоюзĕсен представительници Э. Виленска тухса каланă.

## Чехословакире Германи ыйтăвне мирлĕн татса парас тĕлĕшпе съезд ирттернĕ

ПРАГА, октябрĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Прагăра Германи ыйтăвне мирлĕн татса парас тĕлĕшпе съезд уçăлнă.

Съездра Чехословаки премьер-министрĕ В. Широкий доклад тунă.

Германи ыйтăвне мирлĕн татса парасси çинчен тăракан ыйту Чехословаки халăхĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйту пулнине палăртса, Широкий çапла каланă: Чехословаки халăхĕ Совет Союзĕ Германи ыйтăвне мирлĕ майпа татса памалла тăвас тĕлĕшпе туса ирттерекен мĕнпур ĕçсене татăклăн ырласа йышăнать.

США-н агрессиллĕ вăйĕсемпе Хĕвеланăç Германири милитаристла ушкăнсем пĕрлешни, тенĕ Широкий, тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатакан, пĕтĕм тĕнчери мире, халăхсен ирĕкĕпе никама пăхăнманлăхне хăратса тăракан тĕп хăрушлăх пулса тăрать.

Эпир çакна ĕненетпĕр, тенĕ малалла Широкий, эпир нимĕç халăхĕпе мирлĕ тата туслă пурăнма тăрăшнине нимĕç халăхĕн ытларахăш пайĕ ăнланать тата ырлать.

Съезда Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ ячĕпе Изабелла Блюм саламланă.

Пренире нумай делегатсем тухса каланă. Вĕсем Чехословакири ĕççыннисен ячĕпе çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне хирĕç, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мирлĕ Германишĕн кĕрешме хатĕр тăни çинчен каланă.

Съезд пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мирлĕ, никама пăхăнман Германишĕн кĕрешессине вăйлатма чĕнсе решени йышăннă.

Юлашкинчен съездра миршĕн тăракансен Чехословаки комитечĕн председателĕ Анжека Годинова-Спурна тухса каланă.

## Итали общественноçĕ Китай Халăх Республикине йышăнма ыйтать

РИМ, октябрĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Миршĕн тăракансен юхăмĕн Итали комитечĕ пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: пĕтĕм Италире митингсемпе пухусем пулса иртеççĕ. Унта тухса калакансем Китай Халăх Республикине йышăнма ыйтаççĕ. Митингсемпе пухусене халăхăн чи анлă сийĕсем, вăл шутра хуçасемпе сутуçăсем те, хутшăнаççĕ. Вĕсем Китайпа суту-илӳ тăвассине вăйлатма ыйтаççĕ.

Юлашки кунсенче çакăн пек пухусем Турин, Виченца, Верона, Ровиго, Милан, Флоренци, Перуджа хулисенче пулса иртнĕ.

## Бухарестри çар трибуналĕ Америка шпионĕсемпе диверсанчĕсем пирки йышăннă приговор

БУХАРЕСТ, октябрĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Бухарестри çар трибуналĕ Америка шпионĕсемпе диверсанчĕсене суд туса пĕтернĕ. Суд çакна палăртнă: айăпланакан А. Тенасе, М. Попович, И. Голя, И. Самоила, Г. Поп, И. Толан шпионсем Америка разведки шпионла, террорла ĕçсем, диверсисем тăвас тĕллевпе Румыни Халăх Республикин территорине янă. Трибунал çӳлте асăннă шпионсене персе вĕлермелле, пурлăхĕсене конфискацилемелле тунă.

Çавăн пекех шпионсене пытарса пурăннă тата вĕсене сăтăрла ĕçсем тума пулăшса тăнă Э. Тартлера, М. Влада, И. Будана, Г. Динкене, А. Корлана, И. Юхаса тата И. Космана персе вĕлермелле тата пурлăхĕсене туртса илмелле тунă.

Айăпланакан К. Стетина 25 çуллăха, А. Поповича—20 çуллăха хупса лартмалла тунă. Айăпланакан Т. Бебне 3 çуллăха хупса лартмалла тата пурлăхĕсене конфискацилемелле тунă.



Демократиллĕ Германи Республикине хуçалăх тĕлĕшĕнчен аталанса пыма, Совет правительстви пулăшать. Германири чылай предприятисем репараци тӳлевĕ шучĕпе СССР аллине куçнă. Çавăн пек 33 предприятие Совет правительстви 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче тӳлевсĕрех Демократиллĕ Германи Республики аллине парать. Вăл шутра машинăсем тăвакан, хими, металлурги тата ытти предприятисем те пур. 33 предприяти пĕтĕм хакĕ 2 миллиард та 700 миллион марка шутланать.

Совет правительстви предприятисене тӳлевсĕрех калла пани çинчен пĕлтернине Демократиллĕ Германи Республикинчи халăх савăнса кĕтсе илнĕ.

УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ: Лейпцигри транспорт оборудованийĕ тăвакан заводăн çĕнĕ цехĕсем. Ку завода Демократиллĕ Германи Республики аллине параççĕ. Малтанхи вăхăтра заводра 1.500 рабочи ĕçленĕ, çĕнĕ цехсем уçăлсан 6.800 рабочи ĕçлет.

ЦЕНТРАЛЬБИЛЬД фотоӳкерчĕкĕ.

## Неру Бомбей хулинче пулса иртнĕ пресс-конференцире каласа пани

ПЕКИН, октябрĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви Бомбейран илнĕ хыпар тăрăх çапла пĕлтерет:

Инди премьер-министрĕ Неру октябрĕн 10-мĕшĕнче Бомбей хулинче пулса иртнĕ пресс-конференцире çапла каланă: «Кунта эпир перемири çинчен тунă килĕшӳ условийĕсене юри пĕтерсе лартма хăтланнине куратпăр пулмалла». Вăл тыткăнри çар çыннисен лагерĕсенче тыткăнри çар çыннисене хирĕç пусмăрла ĕçсем тăвакан тата вĕсене хăйсен тăван çĕршывне таврăнма чăрмантарса тăракан хăшпĕр «ушкăнĕсене» сивленĕ. Тыткăнри çар çыннисенчен нумайăшĕ, тенĕ Неру, нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрса тунă репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комиссирен хăйсене çак ушкăнсенчен хӳтĕлеме ыйтнă. Тыткăнри çар çыннисем хăйсен шухăшĕ çинчен комиссие пĕлтерес пулсан, çав ушкăнсем вĕсене вĕлерессипе хăратнă.

Неру çавăн пекех тыткăнри çар çыннисем нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрса тунă репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комиссипе çыхăну тытма чăрмантарма хăтлании перемири çинчен тунă килĕшĕве тата Женева конвенцине хирĕç пынине палăртнă. «Комисси тыткăнри çар çыннисемпе калаçасшăн пулнă, анчах ăна тыткăнри çар çыннисемпе калаçма ирĕк паман»,—тенĕ Неру.

Кăнтăр Корея правительстви, тенĕ Неру, комиссие хăйĕн ĕçне тума 90 кун хушши чăрмантаса тăрасшăн пулмалла. Ун хыççăн вĕсем: комисси ĕçлемелли срок иртрĕ, урăх нимĕн тума та çук, тесе калассшăн пулмалла. Инди çарĕсем Корейăна пырса çитиччен çак тактикăпа усă курнă. Унччен, перемири çинчен тунă килĕшӳ условийĕсене пăсса, Кăнтăр Корея влаçĕсем тыткăнри 20 пин ытла çар çыннине ирĕке кăларнă. Тыткăнри çар çыннисене пурне те çакăн пек тарса тухма пулăшас пулсан е вĕсене ирĕке кăларас пулсан, вара тыткăнри çар çыннисем нимĕн тума та пултарас çук, пĕтĕм ĕç çакăнпа пĕтсе ларма пултарать.

«Кăнтăр Корея правительстви перемири çинчен тунă килĕшĕве пĕтерсе лартма хăтланни,—тенĕ Неру,—ООН командованийĕ шантарса каланисене хирĕç пырать. Çавăнпа та эпĕ ăнлантару ĕçĕсем туса ирттерме суртсем туса лартассине тăсса пынă пирки иккĕленме пуçларăм. Ăнлантару ĕçĕсем ирттерме палăртнă 90 кунтан 41 кунĕ суртсем тума иртет пулсан тата ăнлантару ĕçĕсем ирттермелли срока малалла тăсас мар пулсан, вара çак ĕçсене тума пурĕ те 49 кун кăна юлать. Çав вăхăтрах ку ĕçе 90 кун хушшинче те туса ирттерме йывăр пулĕ.

Малалла Неру çапла каланă: «Ăнланмалла мар ыйтусем тата йĕркесĕрлĕхсем ытла та нумай пулнă пирки ООН командованийĕн тата ун хыçĕнче тăракан çĕршывсен репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен нейтральнăй комиссипе Инди хурал çарĕсем пирки хăйсен шухăшĕ çинчен татăклăн каласа пĕлтерес пулать. Кăнтăр Корея правительстви малашне те хальхи пекех хăратма пăрахмасть пулсан тата политикăлла конференцие пухмаççĕ пулсан, эпир каллех перемири пуличченхи йĕрке патне пырса тухма пултаратпăр».

## Черчилль Маргетра тухса калани

МАРГЕТ, октябрĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Консерваторсен партийĕн Маргет хулинче пулса иртнĕ конференцийĕнче ĕнер премьер-министр Черчилль сăмах тухса каланă. Вăл çĕршыври тата тулашри политикăн хăшпĕр ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă.

Черчилль хĕвеланăç «оборонине» тĕреклетме чĕннĕ. Кун пирки вăл çапла каланă: «Кирек мĕнле пулсан та эпир Европа çарне туса хума пулăшас тĕлĕшпе мĕн тума пултарнине пурне те тума... хатĕр ленетпĕр. Ку çара нимĕçсен пысăк контингенчĕ кĕмелле пулать.

Эпир, американецсем пекех, французсен вăйĕсене пирĕн çĕнĕ тусăн—нимĕçсен вăйĕсемпе шайлаштарса пымалла тăвас шутпа, хамăрăн хĕçпăшаллă вăйсене Европăра тытса тăрăпăр. Французсем Европăри оборона пĕрлешĕвне туса хума килĕшмесен, Германи вăйĕсене Çурçĕр Атлантика блокĕн никĕсĕ çинче хĕвеланăçри союзниксен вăйĕ сумне пĕрлештерес тĕлĕшпе мĕнле те пулсан çĕнĕ май суйласа илессинчен пуçне пирĕн урăх нимĕнле май та юлмасть».

Хĕвеланăçпа Хĕвелтухăç хушшинчи çыхăну ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăрса, Черчилль: «эпĕ халиччени пекех тĕрлĕ çĕршывсен ертсе пыракан хеятелĕсен... мĕнпур йывăрлăхсене пĕтерес шутпа... тĕл пулма май тупмалла, тесе шутлатăп», тенĕ.

### Л. Н. Толстойăн «Живой труп» пьеси Тронхейм театрĕнче

ОСЛО, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). «Афтенпостен» хаçат çапла пĕлтерет: Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнă май Тронхейм хулинчи театрта Толстойăн «Живой труп» пьесине лартса панă. Куракансем спектакле пысăк хак панă.

### Швеци хаçачĕсем совет спортсменĕсем çинчен

СТОКГОЛЬМ, октябрĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Швецире тухса тăракан хаçатсем, Совет Союзĕн çăмăл атлечĕсем Мальмĕре, Эребрура тата Упсалара хăйсен вăйĕсене кăтартни çинчен отчетсем пичетленипе пĕрлех, лайăх спортсменсен портречĕсене пичетлесе кăларнă, совет атлечĕсен пысăк ăсталăхне палăртнă. «Вырăс спортсменĕсем,—тесе çырать. «Стокгольмс тиднинген» хаçат, — Мальмĕре пулнă ăмăртура чаплă çитĕнӳсем кăтартрĕç».

Совет спортсменĕсем ĕнер Эребрура тата Упсалара ăмăртнине те хаçатсем пысăк хак параççĕ. «Кĕтнĕ пекех,—тесе çырать Швецири телеграф бюровĕн спорт енĕпе ĕçлекен корреспонденчĕ,—Упсалара пулса иртнĕ çăмăл атлетсен ăмăртăвĕнче совет спортсменĕсем çĕнтерчĕç».

«Стокгольмс тиднинген» хаçатăн спорт енĕпе ĕçлекен корреспонденчĕ: вырăссем Эребрура пур вăйĕсем тĕлĕшпе те тенĕ пекех малта тăнине кăтартрĕç, тесе çырать.

«Дагенс нюхетер» хаçат корреспонденчĕ çакна палăртать: Упсалара совет спортсменĕсем хăйсемпе ăмăртакансене пурне те—шведсене те, финсене те — кая тăратса хăварчĕç.

Спорт енĕпе ĕçлекен корреспондентсем пурте йăтре ывăтас тĕлĕшпе тĕнче рекордсменки Зыбина ăсталăхĕ çинчен çыраççĕ, Куц, Кривоносов, Литуев, Казанцев, Кузнецов тата ытти спортсменсем те пысăк çитĕнӳ тунине палăртаççĕ.

### Тĕнчери шахмат турнирĕнче

ЦЮРИХ, октябрĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнчере шахмат вăйăипе мала тухассишĕн пыракан турнирта 23-мĕш вăйă хыççăн совет гроссмейстерĕ Смыслов малта пырать. Вăл 21 парти вылянă хыççăн 13,5 очко илнĕ. Решевский иккĕмĕш вырăнта тăрать. Вăл 22 парти вылянă хыççăн 13,5 очко илнĕ. Бронштейнпа Керес 22-шер парти вылянă хыççăн 13-шер очко илнĕ.

## Хутар шкулĕнчи çамрăк краеведсен походĕ

Пирĕн шкулти краеведени кружокĕн членĕсем юлашки икĕ çул хушшинче Сăр шывне тата ун таврашĕнчи вăрмансемпе улăхсене тата сăрт-туллĕ вырăнсене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлерĕç. Эпир Сăр шывĕ тăрăх икĕ хутчен походра пултăмăр. Малтанхи поход 1952 çулта пулчĕ. 8—10-мĕш классенче вĕренекенсем Çĕмĕрле—Нăрачкав—Улатăр маршрутпа çĕр километр ытла çуран кайрĕç.

Кăçал та, иртнĕ çулхи пекех, эпир Çĕмĕрле—Княжиха — Кăрмăш — Етĕрне — Васильсурск маршрутпа походра пултăмăр. Çак походра краеведени кружокĕн членĕсем 10 çын, икĕ учитель тата Чăвашсен краеведени музейĕн сотрудникĕ пулчĕç. Пирĕн ушкăн Сăр шывĕ тăрăх Çĕмĕрлерен пуçласа Васильсурск хулине çитиччен 150 километра 20 кун хушшинче çитрĕ. Походра пулнисен тĕллевĕ Сăр шывĕпе унăн çыранĕсене тĕпчесе вĕренесси, Сăр çывăхĕнче вырнаçнă колхозсен хуçалăхĕпе паллашасси пулчĕ. Кунсăр пуçне эпир гидрологи енĕпе тĕпчев ĕçĕсем туса ирттерме тĕллев лартрăмăр.

Çак походра вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпах хатĕрленме тытăнтăмăр. Ку ыйтăва темиçе хутчен те пухусенче сӳтсе яврăмăр. Кружок членĕсем пулас поход çинчен шкулта уйăхра пĕрре тухса тăракан «Тăван çутçанталăк» бюллетеньре тăтăшах çырса тăчĕç. Учительсемпе кружок членĕсем Сăр шывĕ çинчен докладсемпе лекцисем нумай ирттернĕ.

Кружокра ирттерекен занятисенче Сăр çинчен тата çак юханшыв çинче вырнаçнă хуласен историйĕ çинчен докладсем нумай тунă.

Çула тухиччен поход участникĕсенчен икĕ звено турăмăр. Кашни звенона уйрăм руководитель ертсе пычĕ. Тĕплĕн хатĕрленнĕ хыççăн пирĕн ушкăн июнĕн 1-мĕшĕнче Сăр çине тухрĕ.

Çапла вара Хутарти вăтам шкулта вĕренекен çамрăк краеведсем икĕ походра пулса 300 километр ытла çуран çӳрерĕç, тĕрлĕ йышши пуян материал пухрĕç. Вĕсем хăйсен сывлăхне чылай çирĕплетрĕç, сăнавсем нумай туса ирттерчĕç. Походра тупнă тĕрлĕ йышши япаласем шкул кабинечĕсем валли пите паха экспонатсем пулаççĕ. Походсем ачасен тавракурăмне чылай ӳстерме тата Тăван çĕршыв пуянлăхĕсене лайăх тĕпчесе вĕренме пулăшрĕç.

В. ТОЛСТОВ-АТНАРСКИЯ.

Çĕмĕрле районĕ,
Хутарти И. Н. Ульянов ячĕпе тăракан вăтам шкул.

## Çĕрпӳ хулинче

✦ **Шкулсемпе техникумсенче.** Кунта педагогика училищи, ялхуçалăх тата библиотека техникумĕсем, профтехшкул, вăтам, сичĕ çул вĕренмелли тата базовăй шкулсем пур. Вĕсенче вĕренекенсен хисепĕ çулсерен ӳсет. Халĕ хулари техникумсемпе шкулсенче икĕ пин çын ытла вĕренет. Иртнĕ çуркунне 250 çынна яхăн вĕренсе тухнă. Вĕсен шутĕнче агрономсемпе механиксем 58 çын, тĕрĕ тĕрлекенсемпе атă-пушмак мастерĕсем—56, культурăпа сутăç работникĕсем 45 çын.

✦ **Кĕнекесен хисепĕ ӳсет.** Хулара библиотекăсен хисепĕ вуннăран та иртет. Вĕсем кашни çул çĕнĕ кĕнекесемпе пуянланса пыраççĕ. Культура суртĕнчи библиотекăпа ачасен библиотеки валли кăçал çĕнĕрен 1.400 кĕнеке ытла туяннă. Халĕ ку библиотекăсенче 17 пин кĕнеке яхăн. Профтехшкулти библиотека валли те çак кунсенче 2.000 тенкĕлĕх çĕнĕ кĕнекесем туяннă.

✦ **Радио кĕртеççĕ.** Хулари пур суртсене те радиофикацилесе çитернĕ. Кăçал çĕнĕрен 142 киле радио кĕртнĕ. Пĕтĕмпе хулара радиоточкăсем 800 ытла. Кунсăр пуçне, вуншар киле радиоприемниксем пур.

✦ **Кашни киле хаçат-журнал.** Ĕççыннисем хаçат-журнал нумай çырăнса илеççĕ. Хальхи вăхăтра хулана хаçатсем 1.370 экземпляр, журналсем 1.000 экземпляр ытла килсе тăраççĕ.

✦ **439 киносеанс.** Культура суртĕнче кашни кунах киновартинăсем кăтартаççĕ. Кăçалхи 9 уйăх хушшинче унта 439 киносеанс пулнă, вĕсене 33.600 çынна яхăн пăхнă.

✦ **Ача амăшĕсемшĕн тăрăшни.** Государство нумай ача амăшĕсене пысăк пулăшу парать. Хулара ачасен яслипе сачĕ уçнă. Кунсăр пуçне, 186 хĕрарăма кăçалхи 8 уйăхра 73.400 тенкĕ ытла пособи панă.

✦ **Çĕнĕ суртсем лартаççĕ.** Хулара обществолла суртсемпе коммунальнăй хваттерсем тунипе пĕрлех, уйрăм çынсем сурт лартаççĕ. Кăçал государство уйрăм çынсене сурт тума 259 пин тенкĕ кивсен панă.

Х. ЛИСИН.

## КĔСКЕН

★ **Çĕнĕ суртсем.** Ишлей районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли 300 тонна силос хывса хăварчĕ. Сыснасене усрама çĕнĕ пысăк вите турĕ, саман кирпĕчрен чăхсем вити тунă.

И. ХМЕЛЕВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — октябрĕн 17-мĕшĕнче, сезон пуçланнă кун— «Эптин». Октябрĕн 18-мĕшĕнче — «Семье чысĕ».

Спектакльсем каçхине 7 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ. Касса кăнтăрла иртсен 4 сехетре уçăлать.

Билетсем малтанах илсе хума пулать.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-09, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09379 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2288. Тираж 20.000 экз.